ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Октябрь 23 эрнекун № 207 (9116)

Хакĕ 20 пус. 36-мĕш çул тухать.

## Паянхи номерте:



# Тракторсемпе ялхуçалăх машинисене вăхăтра тата лайăх юсамалла

Ялхуçалăх производствинче машина-трактор станцийĕсем уйрăмах пысăк вырăн йышăнса тăраççĕ. МТС-сем колхоз стройĕн индустриллĕ материаллă-техникăлла хăватлă никĕсĕ пулса, колхоз производствинче ĕç ăнăçлăхне татса паракан вăй, колхозсене социализмла государство енчен ертсе пымалли тĕп никĕс пулса тăраççĕ.

Юлашки çулсенче ялхуçалăхне механизацилесси чылай ÿсрĕ. МТС-сем кучуххи техникăпа пуянланни ялхуçалăхĕнчи тĕп ĕçсене тата выльăх-чĕрлĕх фермисенчи ĕçсене механизацилеме, колхозниксен ĕçĕсене çăмăллатма, ĕç тухăçлăхне ÿстерме май пачĕ. Хальхи вăхăтра пирĕн çĕршывра ялхуçалăхĕнчи мĕнпур ĕçсенчен тăватă пайран виçĕ пайне МТС техникипе тăваççĕ.

Социализм çĕршывĕнчи пĕтĕм машина-трактор станцийĕсем пекех Чăваш республикинчи машина-трактор станцийĕсем те юлашки çулсенче, Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕпе Совет правительстви тăтăшах пулăшнипе, хăватлă техникăпа пуянланчĕç.

КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьте пулса иртнĕ Пленумĕ çĕршыв умне çĕрĕçĕпе выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе татăклăн вăйлатас тĕлĕшпе пысăк задачăсем кăларса тăратрĕ. Пирĕн социализмла ялхуçалăхĕн хамăрăн Тăван çĕршыв тата ытларах пуян та тĕреклĕ пултăр тесе тырпул, çĕрулмипе ытти пахча çимĕçсем, выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем çултан-çул ытларах туса памалла. Çитес икĕ-виçĕ çул хушшинче хамăр çĕршыври халăхăн ÿссе пыракан ыйтăвĕсене апат-çимĕç продукчĕсем çителĕклех парса тивĕçтермелле, çăмăл промышленноçна апат-çимĕç промышленноçне чĕртавар çителĕклĕ парса тăмалла тăвас пулать.

Çак задачăна кĕске срокра ăнăçлăн татса парассишĕн Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе çĕршыври рабочи класс, колхоз хресченĕсем, пирĕн интеллигенци, мĕнпур совет çыннисем пĕтĕм вăя хурса ĕçлеççĕ.

Çĕршыв умĕнче тăракан тĕп задачăна татса парас ĕçре машина-трактор станцийĕсем тракторпа машина паркне тĕрĕс-тĕкел тытса тăни, вĕсене вăхăтра тата тĕплĕ юсани пысăк вырăн йышăнса тăрать.

Халĕ ĕнтĕ республикăри чылай тракторсем, ялхуçалăх машинисем уй-хир ĕçĕсенчен пушанчĕç. Вĕсене, уй-хир ĕçĕсенчен пушаннăçемĕн, МТС-сене илсе пырса юсама тытăнмалла.

Республикăри МТС-сем умĕнче пысăк та ответлă задачăсем тăраççĕ. Вĕсен колхозсемпе тунă договор тăрăх йышăннă обязательствăсене тултармалла кăна мар, пĕтĕм ĕçе агротехникăлла паха срoксенче тата пысăк пахалăхпа тумалла, çапла вара колхозсене пысăк тухăçлă тырпул туса илме, йышлă та тухăçлă обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетме пулăшмалла. Çакăн пек тăвас тесен, МТС-сенчи кашни трактор бригади, кашни трактор агрегачĕ, кашни тракторист, механик сменăри нормăна тултарассишĕн тата ирттерсе тултарассишĕн кĕрешмелле. Çакăн пек тăвас тесен, тракторсене тата ытти ялхуçалăх машинисене вăхăтра тата пысăк пахалăхпа юсаса хуни, çитес çулхи ялхуçалăх ĕçĕсене тытăнма машинăсене пур енчен те хатĕрлесе çитерни кирлĕ.

Чи малтан, МТС-сен пурин те халех тракторсемпе ялхуçалăх машинисене кĕркуннехипе хĕллехи вăхăтра юсама пур енчен те тĕплĕн хатĕрленсе çитмелле: мастерскойсен çурчĕсене, общежитисене, столовăйсене, машинăсем тăратмалли сарайсене тата ыттисене юсаса çитермелле. Юсав ĕçĕнче кирлĕ пулакан материалсемпе оборудовани хатĕр пулмалла. Мастерскойсенче ĕçлекен трактористсемпе механиксене ĕçлеме, пурăнма, хăйсен пĕлĕвне ÿстерме, культурăллă канма мĕн кирлĕ—çавсене пурне те туса памалла. Çакăн пек тĕплĕн хатĕрленсе çитсен кăна тракторсемпе ытти ялхуçалăх машинисене юсас ĕçе ăнăçлăн пурнăçлама пулать. Çавăнпа та парти райкомĕсен, МТС директорĕсен, МТС-сенчи парти организацийĕсен, главнăй агрономсен кĕркуннехипе хĕллехи юсав ĕçĕсене йĕркеллĕ тытăнмалла тăвасси çине уйрăмах тимлĕн пăхас пулать.

КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ «СССР ялхуçалăхне малалла аталантармалли мерăсем çинчен» йышăннă постановлени тĕплĕн вĕреннĕ хыççăн нумай машина-трактор станцийĕсен коллективĕсем тракторсемпе ялхуçалăх машинисене кĕркуннепе хĕллехи вăхăтра юсама хатĕрленес тĕлĕшпе чылай ĕçсем туса ирттерчĕç. Йĕпреç МТС-ĕ, сăмахран, юсав ĕçĕсене вăхăтра хатĕрленсе çитнипе октябрь уйăхĕнче тракторсемпе ялхуçалăх машинисем юсамалли плана октябрĕн 20-мĕшĕ тĕлне 103 процент таран тултарма пултарчĕ. МТС-ăн çак уйăхра 3 трактор, 2 комбайн, 8 культиватор, 6 сеялка юсамалла пулнă пулсан, вăл 3 трактор, 4 комбайн, 8 культиватор, 5 сеялка юсанă.

Çав вăхăтрах республикăри чылай МТС-сем, Чăваш АССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерстви оперативлă ертсе пыман пирки, машина паркне юсама халĕ те тивĕçлипе хатĕрленсе çитмен. Уйрăмах ку тĕлĕшпе Куславкка, Калинино, Ишлей, Тăвай МТС-ĕсенче ĕçсем начар пыраççĕ. Çавна пула асăннă МТС-сем, çавăн пекех ытти хăшпĕр МТС-сем те, сăмахран, Калинино, Комсомольски, Сĕнтĕрвăрри, Вăрмар МТС-ĕсем ку таранах çитсе те тракторсемпе ялхуçалăх машинисене юсама тытăнман.

Тата та ытларах. Уй-хир ĕçĕсенчен пушаннă чылай тракторсемпе машинăсем çаплах колхозсенче лараççĕ, вĕсене МТС-сен картишне илсе пыма тытăнман.

Ку тĕлĕшпе ĕçсем мĕнле тăнине тĕрĕслесе тухни çакна кăтартать. Сĕнтĕр районĕнче октябрĕн 10-мĕшне уй-хир ĕçĕсенчен пушаннă машинăсем 200 ытла шутланнă пулсан, МТС картишне пурĕ те 26 машина кăна илсе пынă, вĕсенчен те вунсиччĕшне кăна актсем тăрăх йышăннă. Кувакино МТС-ĕнче те çавăн пекех. Çакна ăна йĕркеллĕ ĕç теме çук. Машинăсем, вĕсене вăхăтра МТС-сене илсе пыман пирки, уçă сĕрте—уй-хирте, никам пăхмасăр ларнипе тата ытларах пăсăлма, уйрăм пайĕсем сухалса пĕтме пултараççĕ. Çакна пула машинăсем юсама тухакан расход пĕчĕкленес вырăнне ÿсме пултарать.

Çавăнпа МТС дирекцийĕсен уй-хир ĕçĕсенчен пушанакан машинăсене çийĕнчех МТС-сене илсе пырас ĕçе организацилемелле. Ку вăл пĕчĕк ĕç мар.

Чылай МТС-сенче тракторсемпе ялхуçалăх машинисене юсас ĕç хăй юхипе пулса пырать. Машинăсене юсама графиксем туман. Юсав ĕçĕсен пахалăхне те кирлĕ пек тĕрĕслесе тăни çук. Юсавран машинăсене тĕрĕслемесĕр кăлараççĕ, вĕсене комиссисем тивĕçлĕ йĕркепе йышăнмаççĕ.

Парти райкомĕсен, МТС директорĕсен, пуçламăш парторганизацисен машинăсене пысăк пахалăхпа юсаса кăларасси çине уйрăмах тĕплĕн те тимлĕн пăхмалла. Пире машинăсене ячĕшĕн, шучĕшĕн юсани мар, ĕçшĕн юсани, ĕçе юрăхлă туни кирлĕ.

МТС-сем юлашки çулсенче машинăсене юсас тĕлĕшпе паха опыт туянчĕç. Вăл опыт—тракторсене узловой меслетпе типовăй технологи тăрăх юсасси. Республикăри МТС-сенче пуринче те тракторсемпе машинăсене обязательнăй йĕркепе узловой меслетпе усă курса юсамалла.

Мĕнпур МТС-сенче тракторсене, çавăн пекех комбайнсемпе ытти ялхуçалăх машинисене юсама квалификациллĕ рабочисем çителĕклĕ пулмалла.

Кăçал дизеллĕ моторсемпе ĕçлекен гусеницăллă тракторсем ытларах юсамалла пулать. Ку вăл пирĕн республикăри нумай МТС-семшĕн çĕнĕ ĕç пулать. Вĕсене юсама ĕçе ăста пĕлни кирлĕ. Çавăнпа та асăннă машинăсене юсас ĕçе пуринчен те ăстарах, пуринчен те квалификациллĕрех кадрсене тăратмалла. Кашни рабочи мĕн тата мĕн чухлĕ ĕç тумаллине, ăна хăш вăхăтра туса пĕтермеллине, технологине пĕлсе тăтăр. Унăн çирĕп график пулмалла.

Хальхи вăхăтра çĕршывра Октябрьти Социализмла Аслă революци вăтăрултă çул тултарнине палăртма хатĕрленнĕ май социализмла ăмăрту çĕнĕ хăватпа çĕкленчĕ.

Республикăри мĕнпур МТС-сен коллективĕсен чыслăран та чыслă тивĕçĕ Октябрь уявне производствăра çĕнĕ çитĕнÿсем тунипе кĕтсе илме хатĕрленесси пулать.

Нимĕн иккĕленмелли те çук, пирĕн ялхуçалăх механизаторĕсем, КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕн решенийĕсемпе хавхаланса, хăйсен чыслă тивĕçне пурнăçлассишĕн кĕрешĕве тата ытларах вăйлатĕç.

Коммунистсен партийĕ, Совет правительстви ялхуçалăх механизаторĕсене тата лайăхрах, тата тухăçлăрах ĕçлеме кирлисене пурне те туса пачĕç.

Партипе правительство вĕсемшĕн çакăн пек тăрăшнине ответлесе, МТС работникĕсен тракторсемпе ялхуçалăх машинисене кĕркуннепе хĕллехи вăхăтра юсама пур енчен те тĕплĕн те лайăх хатĕрленсе çитмелле, машинăсем юсамалли кашни квартал, уйăх планне тултарассишĕн тата ирттерсе тултарассишĕн, тракторсемпе ялхуçалăх машинисене пысăк пахалăхпа юсаса кăларассишĕн кĕрешмелле.

## Вунă уйăхри плана тултарнă

Мускаври пошивпиксем тăвакан махĕмĕш завод коллективĕ Октябрь уявĕ умĕнхи ăмăртура çĕнĕ çитĕнÿсем тунă. Октябрĕн 19-мĕшĕ тĕлне предприяти 10 уйăхра продукци туса кăлармалли плана срокчен тултарнă. Ялхуçалăх машинисен пайĕсене туса памалли султалăкри плана октябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне пурнăçланă. Завод планах пĕр тивĕç ĕçлет, продукции хăйне ларакан хакне чылай чакарнă.

(ТАСС).

# ТĂВАН ÇĔРШЫВРА

## Суту-илÿ работникĕсен Пĕтĕм Союзри канашлăвĕ

Мускавра суту-илÿ работникĕсен Пĕтĕм Союзри канашлăвĕ пулса иртнĕ. Октябрĕн 20-мĕшĕнче канашлу ĕçне СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн Пĕрремĕш Заместителĕ Н. А. Булганин юлташ хутшăннă.

СССР Суту-илÿ министрĕ А. И. Микоян юлташ тунă доклад тăрăх пренире 47 çын тухса каланă.

Канашлура пулнисем çакна палăртнă: партипе правительство тавар çаврăнăшне хăвăрт тата чылай ÿстерме кирлĕ условисем туса панă. Суту-илÿпе обществăлла апатлану работникĕсем совет суту-илĕвне татăклăн вăйлатас тĕлĕшпе хăйсене шанса панă хисеплĕ задачăна пурнăçлас тесе пĕтĕм вăя хурса ĕçлĕç.

Пренире тухса калакансем государство, коопераци, колхоз суту-илĕвĕнчи тавар çаврăнăшне планлас ĕçри çитменлĕхсене хыттăн критикленĕ. Промышленноçпа суту-илÿ предприятийĕсем потребительсен ыйтăвне шута илменни, начар таварсем туса кăларни, палăртнă ассортиментсем пулманни тата таварсене вăхăтра ярса паманни, халăха кирлĕ хăшпĕр таварсене пачах туса кăларма пăрахни çинчен, çĕнĕ йышши таварсем туса кăларас ĕçе пурнăçлассине вăраха тăсса пыни çинчен калакан фактсем илсе кăтартнă. Суту-илÿ организацийĕсем промышленность предприятийĕсенчен начар, халăха кирлĕ мар таварсем илсе тăни халĕ те пулкалать.

Суту-илĕвĕн материаллă-техникăлла базине аталантарас, складсем, магазинсем, столовăйсем тăвас ĕçе вăйлатас, суту-илÿ предприятийĕсене тĕрĕс вырнаçтарса тухас, вĕсене оборудованипе пуянлатас, çавăн пекех магазинсемпе столовăйсенче ĕçлекен работниксен ĕçне организацилес ыйтусене тимлĕн сÿтсе явнă.

Тавар çаврăнăшне малалла аталантарас тата суту-илĕве лайăхрах организацилес тĕлĕшпе кирлĕ ĕçсем туса ирттерме канашлура тĕрлĕ секцисем—тавар çаврăнăшне планлас, ялти суту-илÿ, колхоз суту-илĕвĕ, обществăлла апатлану, курттăмăн тăвакан суту-илÿ, кадрсем енĕпе тата ытти ыйтусем тăрăх ĕçлекен секцисем туса хунă.

Канашлура хуçари тата ялти суту-илÿпе обществăлла апатлану ĕçне планлассине тата организацилессине лайăхлатас тĕлĕшпе, совет суту-илĕвĕн культурине хăпартас тĕлĕшпе практикăлла сĕнÿсем нумай панă.

Канашлура СССР Суту-илÿ министрĕ А. И. Микоян юлташ юлашки сăмах каланă. (ТАСС).

## Ялхуçалăхĕнчи çĕнĕ машинăсем



Ялхуçалăх машинисем тăвас тĕлĕшпе ĕçлекен Пĕтĕм Союзри наукăпа тĕпчев институчĕн Мускаври завочĕ пахча çимĕç калчине лартмалли çĕнĕ машинăна сăнаса пăхнă. Ку машинăна «СРН-4» тесе ят панă. Ăна пахча çимĕç калчине тăваткал тĕмĕн лартма тунă.

Пахча çимĕç калчине лартмалли çĕнĕ машинăна «Беларусь» трактортан кăкарса ĕçлеççĕ. Трактор çине икĕ бак лартнă. Унта минераллă удобренисем ирĕлтерсе тунă шĕвек тултараççĕ. Пахча çимĕçсене лартнă чухне баксенчи шĕвек тăпра çине сапăнса пырать.

Машинăпа 10 сехет хушши ĕçлесе, пахча çимĕç калчи ÿстернĕ торфпа çĕрĕк тăпри чÿлмекĕсене 44 пин штук лартма пулать. Алă вĕççĕн лартнă чухне 10 сехет хушшинче çавăн чухлĕ калча лартма 50 çын ĕçлемелле.

ÿКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: «СРН-4» машинăпа пахча çимĕç калчине лартаççĕ.

Э. ЕВЗЕРИХИН фотоÿкерчĕкĕ. (ТАСС фотохроники).

## Медицина работникĕсем ĕçлеме яла каяççĕ

Медицина работникĕсем хăйсене яла ĕçлеме яма ыйтса СССР Сывлăх министерствине çырусем нумай яраççĕ.

КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕн постановленийĕпе паллашнă хыççăн Ленинградран Лобанов врач, Ворошиловградран Мичурин врач тата Читрин фельдшер, Ростовран, Харьковран, Кишиневран, Ригăран, Челябинскран, Минскран, çĕршыври ытти хуласенчен те врачсемпе медицина работникĕсем нумайăшĕ ялта яланлăха ĕçлеме кайма килĕшÿ пани çинчен пĕлтернĕ.

СССР Сывлăх министерстви медицина работникĕсен ыйтăвĕсене тивĕçтернĕ.

Çак кунсенче союзлă республикăсенчи сывлăх министерствисене те çавăн пек заявленисем нумай параççĕ. (ТАСС).

## Украинăра çĕнĕ шкулсем тăваççĕ

КИЕВ, октябрĕн 21-мĕшĕ. (ТАСС). Кăçал республика бюджечĕ тăрăх çĕнĕ шкулсем тума 82 миллион тенкĕ укçа уйăрса панă. Çакă иртнĕ çул шкулсем тума уйăрса панинчен нумай пысăкрах. Ку вăхăт тĕлне типовăй проектсем тăрăх туса лартнă 35 шкулта вĕрентме пуçланă. Ворошиловград, Каменец-Подольск, Тернополь тата ытти облаçсенче шкулсем тумалли 9 уйăх планне ирттерсе тултарнă. Киевра, Харьковра, Днепропетровск, Херсон, Волынь тата ытти облаçсенче çĕнĕрен 29 шкул тума тытăннă.

Çак çул вĕçлениччен Украинăри хуласемпе ялсенче çĕнĕрен 93 шкул уçаççĕ.

## Совет писателĕсен Союзĕн правлени пленумĕ

Октябрĕн 21-мĕшĕнче Мускаври Кино суртĕнче СССР совет писателĕсен Союзĕн правленийĕн XIV-мĕш пленумĕ уçăлнă. Пленум ĕçне Мускаври, Ленинградри писательсем, союзлă тата автономиллĕ республикăсенчи, крайсенчи, облаçсенчи писательсен организацийĕсен представителĕсем, критиксем, театрпа кино деятелĕсем хутшăннă.

Пленума СССР совет писателĕсен Союзĕн [illegible]льнăй секретарĕ А. А. Фадеев у[illegible]

[illegible] кун йĕркинче виçĕ ыйту тă[illegible] кучуххехи драматурги тата унăн задачисем çинчен, совет писателĕсен Пĕтĕм Союзри иккĕмĕш съездне пухасси çинчен тата организацилле ыйтусем — СССР совет писателĕсен Союзĕн правленийĕн ертсе пыракан органĕсене суйласси.

Малтанхи ыйту тăрăх совет писателĕсен Союзĕн генеральнăй секретарĕн заместителĕ К. М. Симонов доклад тунă.

Докладчик совет драматургийĕ вăйланнă май критика та вăйланнине палăртать. Çĕнĕ пьесăсем нумайланнă май кăçал театр сезонĕ иртнĕ çулхисенчен пуянрах та интереслĕрах пулмалла. Çак ĕçе тăванла республикăсенчи драматургсем пысăк вăй хучĕç. Çакăнпа пĕрлех Симонов уйрăм писательсен драматурги ăсталăхĕ çителĕксĕр пулнине палăртать. Хăш чухне критиксем пьесăсене çиелтен кăна анализ тăваççĕ.

Совет драматурги задачисем çинче чарăнса тăрса, докладчик классиксен пуянлăхĕпе анлăрах усă курма кирлине, нумай нацилле совет драматургийĕн тĕслĕхĕсем тăрăх вĕренсе пыма кирлине палăртать. Çак драматургире пирĕн совет обществин нумай енлĕ пурнăçĕ палăрса тăрать. Докладчик драматурги ăсталăхне ÿстермелли задачăсене палăртать. Пьесăсенче чăнчăн геройсене, массăсене ертсе пыракан парти руководителĕсен сăнарне тĕрĕс кăтартмалла, пурнăçри кăлтăксене çитменлĕхсене питлемелле. Ун пек çитменлĕхсем пирĕн пурнăçра пулаççĕ-ха. Совет комедин жанрĕсене нумайлатмалла.

— Парти хушнине, халăх хушнине кирлĕ пек тивĕçтерес тесе эпир хамăрăн пĕтĕм вăя хурса ĕçлĕпĕр,—тет юлашкинчен Симонов юлташ.—Эпир совет çыннисене хумхантаракан ыйтусем тăрăх пьесăсем çырăпăр.

СССР совет писателĕсен Союзĕн драматурги енĕпе ĕçлекен комисси председателĕ Б. А. Лавренев содоклад тунă.

Каçхине пĕрремĕш ыйту тăрăх прениссем пуçланнă. (ТАСС).

# Республикăри колхозсенче

### ЧĂВАШ АССР-ĕнчи РАЙОНСЕНЧЕ ЯЛХУÇАЛĂХ ĔÇĔСЕМ МĔНЛЕ ПЫНИНЕ КĂТАРТАКАН СВОДКА

Октябрĕн 20-мĕшĕ тĕлне (процентпа)

| Районсем | Кĕрхи çĕртме | Хура çĕртме | Тымарçимĕçсем пухса кĕртнĕ | Вăрлăх хывнă | Тракторсемпе çулталăкри плана тултарнă |
|---|---|---|---|---|---|
| Улатăр | 101 | 75 | 63 | 103 | 103 |
| Чкаловски | 100 | 78 | 91 | 104 | 107 |
| Вăрнар | 97 | 70 | 97 | 88 | 99 |
| Чурачăк | 97 | 75 | 100 | 100 | 103 |
| Елчĕк | 96 | 47 | 99 | 112 | 101 |
| Комсомольски | 96 | 41 | 98 | 102 | 100 |
| Муркаш | 93 | 81 | 89 | 96 | 97 |
| Кувакино | 93 | 46 | 99 | 98 | 119 |
| Шăмăршă | 92 | 84 | 47 | 97 | 100 |
| Йĕпреç | 92 | 58 | 83 | 95 | 104 |
| Первомайски | 91 | 83 | 74 | 101 | 97 |
| Тăвай | 89 | 79 | 86 | 98 | 87 |
| Красноармейски | 88 | 117 | 87 | 86 | 86 |
| Элĕк | 86 | 51 | 89 | 87 | 90 |
| Канаш | 85 | 61 | 77 | 85 | 91 |
| Сĕнтĕр | 84 | 117 | 95 | 93 | 85 |
| Вăрмар | 84 | 79 | 84 | 101 | 92 |
| Шăхасан | 83 | 56 | 82 | 100 | 89 |
| Пăрачкав | 82 | 52 | 48 | 95 | 96 |
| Ишлей | 81 | 92 | 87 | 89 | 99 |
| Çĕмĕрле | 80 | 31 | 41 | 89 | 85 |
| Калинино | 80 | 50 | 86 | 85 | 89 |
| Хĕрлĕ Чутай | 76 | 89 | 83 | 85 | 88 |
| Çĕрпÿ | 76 | 97 | 81 | 85 | 90 |
| Шупашкар | 74 | 27 | 84 | 91 | 95 |
| Советски | 74 | 52 | 88 | 74 | 86 |
| Октябрьски | 72 | 48 | 62 | 91 | 86 |
| Етĕрне | 69 | 44 | 100 | 99 | 80 |
| Сĕнтĕрвăрри | 68 | 56 | 56 | 85 | 83 |
| Куславкка | 53 | 77 | 76 | 88 | 87 |



Шупашкар районĕнчи «Гвардеец» колхоз государствăна çĕрулми нумай сутать. Кăçал çĕрулми сутса автомашина илме палăртнă.

ÿКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: колхозран илсе килнĕ çĕрулмине складра виçсе пăхаççĕ.

С. ВИКТОРИНОВ фотоÿкерчĕкĕ.

## Механизаторсен йышĕ ÿсет

СĔНТĔРВĂРРИ. Предприятисенче, колхозсенче ĕçленĕ механизаторсем халĕ нысăк çĕкленÿпе МТС-а ĕçлеме таврăнаççĕ. «1939—1949 çулсенче эпĕ МТС-ра трактористка пулса ĕçленĕ,—тесе çырать хăйĕн заявленийĕнче Ивановăри кирпĕч заводĕнче мотористка пулса ĕçлекен Е. Кузьмина юлташ.—Халĕ, парти чĕннипе, эпĕ механизаторсен ретне таврăнатăп. Парти ялхуçалăхне малалла вăйлатас тĕлĕшпе кăларса тăратнă пысăк задачăсене пурнăçлас ĕçе пĕтĕм вăя, пултарулăха хума пулатăп».

МТС-а таврăнакан механизаторсен йышĕ ÿссех пырать. «Светлый путь», Молотов ячĕпе тăракан колхозсенче ĕçлекен Н. Павловăпа Н. Малинин, ялхуçалăх техникумĕн преподавателĕ Д. Петров тата ытти юлташсем те механизаторсен ретне тăчĕç. Колхоз çамрăкĕсем механизаторсем хатĕрлекен училищĕсене вĕренме каяççĕ.

М. ТИТОВ.

## Государствăна—выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем

ÇĔРПÿ. Партипе правительство ялхуçалăхне малалла аталантарассишĕн тăрăшнине курса, районти колхозниксем государствăна ялхуçалăх продукчĕсем ытларах сутма тăрăшаççĕ.

«Новая жизнь», «Сталинцы», «Красный Октябрь», Калинин ячĕпе, Мичурин ячĕпе тăракан колхозсем кăçалхи çулшăн сĕт ытлашшинех парса татрĕç. «Новая жизнь», «Коммунизм», «Цивильстрой» тата чылай колхозсем аш памалли обязательствăна пурнăçларĕç.

Государствăна обязательнăй йĕркепе выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем парса татнă хыççăн, колхозсем хăйсен ытлашши продукчĕсене çĕнĕ хакпа государствăна сутма тытăнчĕç. Мичурин ячĕпе тăракан колхоз ку таранччен 11 пин литр ытла, «Сталинцы» колхоз 8.450 литр ытла сĕт сутрĕç.

Х. ЛИСИН.

## Радио кĕртеççĕ

ЕЛЧĔК. Район центрĕнчи радиоузелтан ултă колхоза радио кĕртнĕ. Кăçал «Вперед» колхозра 56 киле тата Сталин ячĕпе тăракан колхозра нумай килсене радио кĕртрĕç. «Смычка» колхоза радио кĕртме палăртнă. Кунта 120 радиоточка пулмалла.

Колхозсенчи радиоузелсен шучĕ те ÿсет. Ку таранччен Ворошилов ячĕпе тăракан колхозра кăна радиоузел пулнă. Халĕ «Марс» колхоз радиоузел тума тытăннă. Ăна валли «КРУ-10» маркăллă аппарат тата çилпе ĕçлекен «ВЭ-2» двигатель илсе килнĕ.

Ж. МИХАЙЛОВ.

## ПАРТИ ПУРНĂÇĔ

# КПСС райкомĕсен пленумĕсем

## ПĂРАЧКАВ

Пăрачкав районĕнче тырпул тухăçлăхне, выльăх-чĕрлĕх йышĕпе унăн тухăçлăхне ÿстерме пысăк майсем пур. Çĕр аван, çарансем те лайăх. Районта икĕ МТС. Вĕсенче машинăсен паркĕ тăтăшах ÿсе пырать. Вăрăçчченхипе танлаштарсан, МТС-сенче механизмсен хисепĕ икĕ хут ытла нумайланнă. Çакăн пек пысăк майсем пур çĕртех район ялхуçалăх ĕçĕсемне юлса пырать.

КПСС Пăрачкав райкомĕн пленумĕ, КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕн итогĕсем тата районти ялхуçалăхне малалла аталантармалли майсем çинчен сÿтсе явса, ялхуçалăхне ертсе пырас ĕçри пысăк çитменлĕхсене палăртрĕ.

Докладчик КПСС райкомĕн секретарĕ Спичков юлташ район уйрăмах выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тата унăн йышне ÿстерес тĕлĕшпе çителĕксĕр ĕçлени çинчен каларĕ. Районти колхозсенче выльăх-чĕрлĕх йышĕ начах та хушăнмасть, унăн тухăçлăхĕ те çителĕксĕр ÿсе пырать. Фермăсенче ама выльăхсене вăхăтра чуптарса хăварманни тата çамрăк выльăхсене упраса усраманни выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре пысăк чăрмав кÿрет.

Районта выльăх апачĕ хатĕрлес ĕçе хакламасçĕ. Чылай колхозсенче нумай çул ÿсекен курăксем акса тăвассине кирлĕ пек йĕркелемен, улăхсенчен ытла та сахал утă çулса пуçтарасçĕ, силос хатĕрлемелли плана çулсеренех тултарса пымасçĕ. Комбайнпа вырнă çĕрте улăма пуçтарса куплаламан.

Çĕрулмипе тымарçимĕçсем лартса тăвассине районта хакламасçĕ. Уйрăм колхозсенче çĕрулмине питĕ кая юлса, нормăна пăхăнмасăр лартасçĕ, ÿсĕнсĕмĕн çĕре кăпкалатса тăмасçĕ. Районта çĕрулмипе тымарçимĕçсене тăваткал тĕмĕн лартассине йĕркелемен.

Парти райкомĕн пленумĕ районти колхозсенче тĕштырăсен тухăçлăхне ÿстерес ĕç çителĕксĕр пынине палăртрĕ. Районĕпе илсен, иртнĕ çулта, вăтам шутпа, гектартан 9,7-шер центнер кăна тĕштырă туса илнĕ. Тырпул тухăçлăхĕ çителĕксĕр пулни уй-хир ĕçĕсене начар туса пынинчен килнĕ. Районти колхозсенче кăçалхи кĕрхи çĕртме тумалли плана тултарман, вăрлăхлăх тырă хывса çитермен.

Районти МТС-сем хăватлă техникăпа çителĕксĕр усă курасçĕ, колхозсемпе тунă договорсене пурнăçламасçĕ, ĕçсене вăхăтра туса пымасçĕ. МТС-сен руководителĕсем кадрсене суйласа илсе ĕçе лартас тĕлĕшпе те çителĕксĕр ĕçлессĕ.

Сачин юлташ выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре пысăк ÿсĕмсем тума май пурри çинчен каларĕ. Çав майсене пурнăçа кĕртессишĕн районта тивĕçлипе вĕренÿ пуçарман. КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ йышăннă постановлени пурнăçлас тесе, колхозсенчи мĕнпур шалти резервсемпе тата майсемпе тулли усă курмалла тăвас пулать. Ку тĕлĕшпе, пуринчен малтан, парторганизацисен ролĕпе пуçарулăхне вăйлатни кирлĕ, терĕ Сачин юлташ.

Максим Горький ячĕпе тăракан колхоз председателĕ Хайлов, Молотов ячĕпе тăракан колхоз председателĕ Сорокина тата ытти юлташсем те парти райкомне парторганизацие ертсе пырас ĕçе вăйлатас, шалти мĕнпур майсемпе вăйсене Пленум постановленине пурнăçлама мобилизацилес тĕлĕшпе тумалли ĕçсене кăтартса пачĕç. Сорокинăпа Хайлов юлташсем кунпа пĕрлех хăйсем ертсе пыракан колхозсенчи ялхуçалăх ĕçченĕсем, КПСС Центральнăй Комитечĕ йышăннă постановленипе хавхаланса, хуçалăхри ĕçсенче пысăкрах ÿсĕмсем туни çинчен, колхозниксемпе колхозницăсен ĕçри пуçарулăхĕ вăйланса пыни çинчен каласа пачĕç. Молотов ячĕпе тăракан артель членĕсем кăçал вăтам шутпа гектартан 18—24-шар центнер тĕштырă туса илнĕ, çĕрулми тухăçлăхĕ, гектар çине кусарса шутласан, 210 центнертан иртет. Артель членĕсем кашни гектартан 500 центнер купăста туса илнĕ.

Суворов ячĕпе тăракан колхозри пуçламăш парторганизаци секретарĕ Семенов юлташ КПСС Центральнăй Комитечĕпе Совет правительстви ялхуçалăхне малалла аталантарас тĕлĕшпе йышăннă решенисене артель членĕсене ăнлантарса парас ĕçе лайăхлатса пыни çинчен каласа пачĕ. Пуçламăш парторганизаципе правлени колхоз хуçалăхне малалла аталантарас тĕлĕшпе пысăк ĕçсем тума палăртнă, колхозра çав ĕçсене ăнăçлăн пурнăçласа пырасçĕ.

Доклад тăрăх 15 çын тухса каларĕ. КПСС райкомĕн пленумĕ районти ялхуçалăхне вăйлатмалли майсене тата вĕсене пурнăçлас тĕлĕшпе мĕнле ĕçсем тума кирлине палăртса решени йышăнчĕ.

**Н. САВЕЛЬЕВ.**

## СĔНТĔР

КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕн итогĕсем тата ялхуçалăхне малалла аталантарас тĕлĕшпе районти парторганизаци умĕнче тăракан задачăсем çинчен сÿтсе явнă май парти райкомĕн черетлĕ пленумĕ ялхуçалăхне ертсе пырас ĕçри пысăк çитменлĕхсене палăртрĕ.

Районти чылай колхозсенче тырпул тухăçлăхĕ ÿсмест. Ялхуçалăх ĕçĕсем вăраххăн пулса пырассĕ. Хăшпĕр колхозсем выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли плана çултан çул тултармасçĕ, выльăхсен йышĕ чылай чакнă, вĕсен тухăçлăхĕ пысăк мар. Çĕрулми тата пахча çимĕç культурисене лартса тăвас тĕлĕшпе те колхозсем çителĕксĕр ĕçлессĕ.

Машина-трактор станцийĕ çĕнĕ техникăпа пуянланса пырать, анчах та МТС çав техникăпа çителĕклĕ усă курмасть, тракторсемпе тумалли ĕçсен планне тултарас тĕлĕшпе юлса пырать, ака-суха ĕçĕсене кая юлса тата агротехникăна пăсса тăвать. МТС ĕçлекен колхозсенчен пĕри те тырпул туса илмелли плана тултарман.

Парти райкомĕ колхозсене тата МТС-а çителĕксĕр ертсе пырать.

— Докладчик парти райкомĕ ялхуçалăхне ертсе пырас тĕлĕшпе мĕн тунине те, район ялхуçалăхĕ юлса пынин тĕп сăлтавĕсене те уçса памарĕ,— терĕ Свердлов ячĕпе тăракан колхозри пуçламăш парторганизаци секретарĕ Алексеев юлташ.— Парти райкомĕ юлса пыракан колхозсене кирлĕ пек пулăшмасть. Райкомăн ответлă работникĕсем колхозсенче пулсан, артель хуçалăхне тĕплĕн вĕренмессĕ, малта пыракансен опытне сарас тĕлĕшпе те райком çителĕксĕр ĕçлет.

— Пирĕн колхоз—кая юлса пыракан колхоз,—тет «Хлебороб» колхозри бригадир, райком членĕ Иванова юлташ.—Колхозра ĕç дисциплини япăхса кайнă. Паянхи куна 100 гектар çинчи тырпула капана хывман, 29 гектар çинче комбайнпа вырнă сĕлĕ уламĕ уйрах выртать. Колхоз председателĕ хăйне хăй йĕркесĕррĕн тыткалать. Кун çинчен райком секретарĕсем лайăх пĕлсе тăрассĕ, анчах колхоза ура çине тăратас тĕлĕшпе нимĕн те тумассĕ, колхозри йĕркесĕрлĕхсене курса кайнипех ĕç пĕтнĕ тесе шутлассĕ вĕсем.

Пренире тухса калакансем çавăн пекех парти райкомĕ колхоз председателĕсен кадрĕсене суйласа илес, колхозсенчи пуçламăш парторганизацисене ялхуçалăхне ертсе пыма вĕрентес, вĕсен колхоз производствинчи рольне ÿстерес, ялсенче партилле-политикăлла ĕçе лайăхлатас тĕлĕшпе çителĕксĕр ĕçленине. çак ĕçсене тĕпрен лайăхлатма кирлине кăтартса пачĕç.

— КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ пулнăранпа чылай вăхăт иртрĕ пулин те,—тет Полтарак юлташ,—парти райкомĕпе райсовет исполкомĕ Пленум йышăннă решенисене пурнăçлас тĕлĕшпе практикăлла ĕçсем туса ирттермерĕç. Çакна ялхуçалăх ĕçĕсем питĕ вăраххăн пулса пыни те, выльăх апачĕ хатĕрлес, кĕрхи çĕртме тăвас, çĕрулми кăларса государствăна парас ĕçсем юлса пыни те аванах çирĕплетсе парассĕ. Колхозсене ĕçлеме янă ялхуçалăх специалисчĕсем халĕ те ĕçлеме тытăнман.

Пленумра пулнисем ялхуçалăхĕпе хатĕрлев управленийĕн, районти суту-[illegible] организацийĕсен ĕçĕнчи çитменлĕхсене хытă критиклерĕç. Юлашки вăхăтра ялхуçалăхĕпе хатĕрлев управленийĕ хăйĕн ĕçне лайăхлатас вырăнне начарлатнă. Унăн работникĕсем колхозсенче сахал пулассĕ, ялхуçалăх ĕçĕсем мĕнле пулса пынипе интересленмессĕ, çитменлĕхсене палăртса вĕсене пĕтерме пулăшмассĕ, колхозсенче ялхуçалăх ĕçĕсем мĕнле пулса пынине сводкăсем тăрăх кăна пĕлессĕ.

Пленум район ялхуçалăхне малалла аталантарас тĕлĕшпе тивĕçлĕ решени йышăнчĕ.

**Н. ЦВЕТКОВ.**
(Хамăр корр.)

## Вăрçă вăйĕсене чармалла!

Иртнĕ çул вĕçĕнче эпĕ миршĕн тăракансен Пĕтĕм Союзри IV-мĕш конференцийĕнче пултăм. Пирĕн Тăван çĕршыври ĕççынниçен вунă-вунă представителĕсем виçĕ кун хушши конференци трибуни умне тухса каласрĕç. Вĕсем пурте пĕр çын пек пулса совет халăхĕ мир ĕçне хÿтĕлеме яланах хатĕрри çинчен, халăхсем хушшинчи туслăха çирĕплетме, çĕршывсем хушшинчи экономикăлла тата культурăлла çыхăнусене сарса пыма тăрăшни çинчен каларĕç.

Пирĕн социализмла çĕршывра пĕтĕм халăх мирлĕ ĕçе пикеннĕ. Совет халăхĕ миршĕн кĕрешни, коммунизм обществи тăвас ĕçре пысăк çитĕнÿсем туни пĕтĕм тĕнчери ĕççынниçемшĕн питĕ паха тĕслĕх пулса тăрать. Çак тĕслĕх ытти çĕршывсенчи халăхсене хăйсен телейĕшĕн, никама пăхăнмасăр пурăнмалла тăвассишĕн кĕрешме вĕрентет.

Совет халăхĕ пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕ чĕнсе каланине тата Мире хÿтĕлес тĕлĕшпе ĕçлекен Совет Комитечĕн пленумĕ йышăннă решенине чĕререн ырларĕ. Халĕ вăл, тĕнчери ыйтусене мирлĕн татса парассишĕн пыракан юхăма активлăн хутшăнса, хăй яланах миршĕн тăнине пĕтĕм тĕнче умĕнче тепĕр хут кăтартса парать.

Совет композиторĕсем, çĕршыври ытти творчествăлла работниксем пекех, мир ĕçне чун-чĕререн парăнса ĕçлессĕ. Вĕсем, чуна çĕклентерекен çĕнĕрен те çĕнĕ произведенисем çырса, хăйсем савăнăçлă, мирлĕ пурнăçшăн пыракан аслă кĕрешĕве хастарлă хутшăннине, империалистсен çĕнĕ вăрçа хатĕрленмелли политикине хирĕç тăнине уçăмлăн кăтартса парассĕ.

Тĕнчере çирĕп мир тума пулăшакан юрăсем çырасси — пирĕн тивĕç. Совет композиторĕсем А. Новиков, В. Мурадели, С. Туликов, И. Дунаевский, В. Захаров, М. Блантер тата ытти композиторсем миршĕн пыракан кĕрешĕве халаласа çырнă юрăсем Тăван çĕршывра кăна мар, ытти çĕршывсенче те янăрассĕ. Çав юрăсем ирĕклĕхпе мире юратакан тĕнчери мĕнпур халăхсене Совет Союзĕ мирлĕ ĕçпе пурăнни çинчен каласа парассĕ. Совет музыкин ăстисем ĕççыннисен мирлĕ пурнăçĕпе ĕçне, Тăван çĕршыва вĕçĕмсĕр юратнине сăнласа çырнă пысăк произведенисене те эпир лайăх пĕлетпĕр. Акă, сăмахран, Д. Шестаковичăн «Песня о лесах», С. Прокофьевăн «На страже мира», А. Арутюнянăн «Кантата о Родине» тата ытти юрăсем те халăх хушшинче анлă сарăлнă.

Пирĕн чăваш композиторĕсем те юлашки вăхăтра паха юрăсем чылай çырчĕç. Г. Лебедев, Г. Хирбю, А. Токарев, Т. Фандеев мир çинчен çырнă юрăсем чăваш халăхĕн юратнă кĕввисем пулса тăчĕç. Иртнĕ çулта Чăваш АССР Государство издательстви çав юрăсене уйрăм кĕнеке туса пичетлесе кăларчĕ. Халĕ пирĕн композиторсем миршĕн пыракан кĕрешÿ çинчен, ĕççыннисен мирлĕ ĕçĕсем çинчен çĕнĕ произведенисем çырассĕ.

Миршĕн. демократишĕн, ирĕклĕ ĕçшĕн, культурăпа искусствăна малалла аталантарассишĕн пыракан халăхсен кĕрешĕвне никам та тытса чарайрас çук. Миршĕн тăракансен тĕнчери хăватлă юхăмĕ ÿссе, сарăлса пырать. Çак юхăма культура мастерĕсем, мĕнпур тÿрĕ кăмăллă искусство работникĕсем хутшăнассĕ. Мĕнпур çĕршывсенчи малта пыракан музыкантсем мирпе демократи ялавне мăнкăмăллăн йăтса пыракан халăхсемпе пĕр ретре пырассĕ. Миршĕн кĕрешни—телейлĕ пурнăçшăн, ирĕклĕ творчествăшăн кĕрешни.

**Ф. ЛУКИН,**
Чăваш АССР искусствисен тава тивĕçлĕ деятелĕ, Сталинла премин лауреачĕ.

## Кашни киле — хаçат-журнал!

## ПИРĔН ТĂВАН ĔÇ

Коммунистла пичет партин сивĕч хĕçпăшалĕ пулса тăрать. Пичет пулăшнипе парти ĕççыннисен массисене кашни кун, кашни секунтре калаçать, умра тăракан задачăсене пурнăçлама мобилизацилет.

Ĕççыннисем хушшинче хаçат-журнал сарасси—çыхăну работникĕсен ялан тумалли ĕçĕ.

Куславкка районĕнчи Тĕрлемесри почта уйрăмĕ çак енĕпе кайри вырăнта тăмасть. Эпир кăçалхи тăхăр уйăхра хаçат-журнал сармалли плана иртерсе тултартăмăр. Хаçата халăх хушшинче сутмалли плана та ăнăçлă туса пырать.

Пирĕн почта уйрăмне 12 ял кĕрет. Кашни ялта пĕрер почтальон ĕçлет. Вĕсем хаçат-журнал сармалли плана иртерсе тултарассишĕн пĕр-пĕринпе ăмăртса ĕçлессĕ. Эпир кашни уйăхрах вĕсен канашлăвĕсене иртеретпĕр, вăл канашлусенче ĕçри çитменлĕхсене пĕтермелли майсем çинчен сÿтсе яватпăр.

Колхозниксем хушшинче хаçат-журнал сарас тĕлĕшпе уйрăмах çамрăк почтальон Т. Волкова юлташ тăрăшса ĕçлет. Вăл ĕçлекен Чашлама ялĕнче колхозник хуçалăхĕсенчен чылайăшĕ хаçат е журнал илсе тăрать. Волкова юлташ хаçатсене вăхăтра валессе панине те палăртмалла.

Почтальон пулса вунă çул ĕçлекен К. Зиновьева юлташ та хаçат-журнал сармалли плана çулсеренех тултарса пырать. Вăл хаçат-журнала нумай срокпăха çырăнтарма тăрăшать. Çавăнпа унăн подписчиксен хисепĕ чакмасть, хушăнса пырать.

Хаçат-журнал сарас тата ăна подписчиксем патне вăхăтра çитерсе парас тĕлĕшпе М. Иванова почтальон та куллен тимлĕ ĕçлет. Вăл кашни кунсенче кăна республикăра хаçатсене 25 экземпляр сарчĕ.

Партин сивĕч хĕçпăшалĕпе ĕççыннисем анлăн усă курмалла тăвас ĕçре пире, çыхăну работникĕсене, партин вырăнти организацийĕсем тăтăшах пулăшса тăни кирлĕ. Ку тĕлĕшпе Тĕрлемесри бухгалтерсем хатĕрлекен шкулти коммунистсем лайăх ĕçлессĕ. Парти членĕ М. Степанова юлташ тăрăшнипе шкулта ĕçлекен тата вĕренекен кашни çын хаçат-журнал çырăнса илет.

Çав вăхăтрах çав кирлĕ ĕçе манăçа хăваракан парторганизацисем те пур. «Заготзерно» Тĕрлемесри пунктĕнче рабочисем йышлăн ĕçлессĕ. Кантур валли 3—4 экземпляр çырăнса панисĕр пуçне, вĕсем хушшинче хаçат-журнал сарас тĕлĕшпе нимĕн те тумассĕ. Кунти коммунистсем хăйсем те пурте мар хаçат çырăнса илессĕ. Парторганизаци секретарĕ Б. Поликарпов юлташ çак çитменлĕхе асăрхамасăр пурăнать.

Хаçат-журнал сарас тĕлĕшпе Кармăшри çыхăну агентстви (начальникĕ Н. Смолина юлташ) тата Паймит ялĕнчи почтальон К. Чернова юлташ уйрăмах çителĕксĕр ĕçлессĕ. Вĕсем колхозниксем хушшинче массăлла ĕç туса пыман пирки, хаçат-журнал сармалли плана яланах тултармассĕ.

Тĕрлемесри почта уйрăмĕ çитес çулшăн хаçат-журнал сарас ĕçе ăнăçлă иртterme тăрăшать.

**Н. РОМАНОВА,**
Почта уйрăмĕн начальникĕн помощници.

## Пурте кĕтекен хăна

Колхозниксем савăнăçлăн калаçса уйран таврăнассĕ. Паян вĕсем çĕрулми кăларса пуçтарса пĕтерчĕç. Çу каçиччен тимлесе ĕçлени ахаль пулмарĕ. Çĕрулми ăнса пулнă. Кашниех уншăн савăнать. Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕн постановленийĕ колхозниксене ырми-канми ĕçлеме хавхалантарать.

— Авă, Геннадий килет,—терĕ бригадир Е. Ф. Еремеев юлташ. почтальон килнине асăрхаса.

Пысăк сăран сумка çĕклентĕ çамрăк çын колхозниксемпе тĕл пулчĕ. Ку вăл «Красный Октябрь» колхозри çыхăну уйрăмĕнче ĕçлекен Геннадий Никитич Никитин. Вăл вуникĕ çул ĕнтĕ почтальон пулса ĕçлет, хаçат-журналсене подписчиксем патне яланах вăхăтра çитерсе парать.

— Сывă-и, ĕçченсем, — саламларĕ вăл.—Çĕнĕ хаçатсем, журналсем, çырусем те пур...

Колхозниксем пурте ун тавралла пухăнчĕç.

— Акă «Правда» тата «Сельское хозяйство» хаçатсем,— терĕ вăл бригадир еннелле пăхса.—«Коммунизм ялавĕ» — Праски инкене. Акă кусем Кирилана,— терĕ сумкинчен темиçе хаçат кăларса.

К. Романов комсомолец Мускавра, республикăра тата районта тухса тăракан хаçат-журналсене кашни çулах çырăнса илет. Кăçал вăл «Комсомольская правда», «Коммунизм ялавĕ», «Çамрăк коммунист», «Социализмла ĕç» хаçатсем тата «Ялав» журнал илсе тăрать. Ăна валли тăватă хаçат илсе килнĕ.

Хаçат-журнал сарасси политикăлла пысăк ĕç иккенне нихçан та манмасть Никитин юлташ.

— Марье инке, эсир «Коммунизм ялавĕ» хаçата тăхăр уйăхлăха кăна çырăннăччĕ. Подпискăна малалла тăсмăр-ши?—ыйтрĕ почтальон.

— Çырăнасшăнччĕ-ха. Киле çитсенех старике укçа парса яратăп,— килĕшрĕ вăл.

— Çĕнĕ çул валли хаçат-журналсем çырăнса илме васкăр,— терĕ вăл пухăнса тăнă колхозниксене.

«Красный Октябрь» колхозра хаçат çырăнса илмен çемье çукпа пĕрех. Кашни килтех ик-виçĕ тĕрлĕ хаçат-журнал çырăнса илекенсем чылай кунта. Кашни кунах яла Мускавра тухса тăракан хаçат-журналсем 86 экземпляр, республикăра тухаканнисем—187 экземпляр килессĕ.

— Хаçат-журнал—манăн çывăх тус. Эпĕ вĕсене юратса вулатăп. Хаçат-журнал вулани мана кулленхи ĕçре те, политкружок занятийĕсенче те, агитацилле-массăлла ĕçре те пысăк усă парать,— тет выльăх-чĕрлĕх фермисен заведующийĕ коммунист Максимов юлташ.

Хаçат-журнал сарас ĕçе парторганизацисем тăтăшах ертсе пырассĕ, çыхăну работникĕсене пулăшассĕ. 1953 çулшăн хаçат-журнал нумай сарнă. Хаçат-журнал сарас тĕлĕшпе кăçал «Красный Октябрь» колхозри çыхăну уйрăмĕнче (начальникĕ Соколов юлташ) уйрăмах пысăк ĕçсем туса иртернĕ. Никитин юлташ юлашки çулсенче темиçе хут та премисем илме тивĕçлĕ пулчĕ. 1954 çулшăн хаçат-журнал сарас ĕçе те вăл хастарлă тытăнчĕ.

**В. СТЕФИНОВ.**
Çĕмĕрле районĕ.

## Малта пыракансен опычĕ

# Колхоз производствин пур отраслĕсене те механизацилетпĕр

Пирĕн «Звезда» колхоз, хăйне государство çирĕплетсе панă çĕр лаптăкĕшĕпе, районта чи шултра артельсенчен пĕри шутланать. Пĕрлешнĕ хыççăнхи условисенче обществăлла хуçалăхăн пур отраслĕсем те çултан-çул аталанса пычĕç. Виçĕмçул мĕнпур пухăннă тĕштырă шучĕ 7.950 центнер пулнă пулсан, кăçал вăл 10 пин центнера çитрĕ.

Çĕрулмипе тымарçимĕçсен тата техникăлла культурăсен тухăçĕ те чылай ÿсрĕ. Сăмахран, çĕрулмине кăçал 118 гектар çинчен вăтам шутпа гектартан 180-шар центнер пухса кĕртрĕмĕр, 11,8 гектар пысăкăш плантацирен хăмла пурĕ 159,2 центнер, урăхла каласан, кашни гектар пуçне 13,3 центнер тухрĕ.

Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç пысăк отрасль пулса тăчĕ. Халĕ пирĕн фермăсенче 251 пуç лаша, 203 пуç ĕне-выльăх, 455 пуç сысна, 496 пуç сурăх тата нумай кайăк-кĕшĕк пур.

Колхозра строительство ĕçĕсем сарăлса пырасçĕ. Юлашки виçĕ çул хушшинче обществăлла выльăх-чĕрлĕх валли витесем тата хуçалăхра кирлĕ ытти суртйĕрсем çĕнĕрен пурĕ 230 пин тенкĕлĕх туса лартнă.

Çĕрĕç тата выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç культурине хăпартса пынă май, хуçалăхăн пур отраслĕсенче те вăй нумай хумалли ĕçсем çултан-çул хутшăнса пырасçĕ. Çакă вăл пире халь хи условисенче колхоз производствине май килнĕ таран ытларах механизацилеме, ку тĕлĕшпе колхозри резервсемпе тĕрĕсрех усă курма, хамăра государство паракан çĕнĕ хăватлă техникăпа туллин ĕçлеме хушать.

Пирĕн колхозра Октябрьски МТС-ĕн 8-мĕш трактор бригади ĕçлет. Çĕрĕçне механизацилеме, уйрăмах иртнĕ кĕрхи çĕртме сухи, культиваци тума, тырă акма МТС пире сахал мар пулăшать. Анчах колхоз производствин ытти отраслĕсене, уйрăмах выльăхсене пăхас, тымарçимĕçсемпе техникăлла культурăсем акса, пăхса ÿстерес ĕçсене МТС хутшăнман-ха.

Ĕçсене механизацилени колхоз производствине хăвăрт аталантармалли, ĕç тухăçлăхне нумай хут ÿстермелли чи кирлĕ услови пулнине пирĕн колхозниксем ăнланассĕ, колхоз валли çĕнĕ машинăсемпе механизмсем, тĕрлĕ оборудовани туянма укçа-тенкĕ хĕрхенсе тăмассĕ. Юлашки виçĕ çул хушшинче кăна эпир, государство пулăшнипе, автомашинăсемпе двигательсем, электромоторсем, тĕрлĕ машинăсемпе оборудовани пурĕ 243.780 тенкĕлĕх туянтăмăр. Халĕ пирĕн колхозра 4 автомашина, тĕрлĕ йышши топливăпа ĕçлекен 8 двигатель, 4 электромотор шутланать. Вĕсем пурте ĕçлессĕ.

Колхозăн техникăлла бази мĕнле ÿссе пынине çак таблица лайăх кăтартса парать:

| | 1951 ç. | 1952 ç. | 1953 ç. |
| --- | --- | --- | --- |
| МТС бригадинчи тракторсен мĕнпур вăйĕ (лаша вăйĕпе шутласа) | 60 | 60 | 114 |
| Колхоз автомашинисемпе двигательсен, моторсен вăйĕ (лаша вăйĕпе шутласа) | 177 | 333 | 487 |
| Пурĕ | 237 | 393 | 601 |
| Кашни вăйпитти колхозник пуçне вăтам шутпа тивекен вăй | 0,5 | 0,84 | 1,28 |

Çапла ĕнтĕ, пирĕн колхозра кашни вăйпитти колхозник пуçне тивекен механизациллĕ вăй виçĕ çул хушшинче икĕ хут çурă ытларах ÿсрĕ. Двигательсен вăйĕпе халĕ эпир электростанцие ĕçлеттеретпĕр, авăн çапатпăр, тырă сортлатпăр, кирпĕч çапатпăр, пахча çимĕçсене шăваратпăр тата ытти нумай ĕçсене тăватпăр.

Колхоз производствин отраслĕсене механизацилени, машинăсемпе усă курни ĕç тухăçлăхне нумай хут ÿстерме, çавна май ĕçкунĕсене перекетлеме май панине халĕ эпир ялхуçалăх çулĕн пур тапхăрĕсенче те лайăх куратпăр. Кăçал эпир 3 автомашинăпа государствăна 1.700 центнер тырă, 62 тонна çĕрулми, вуншар тонна ытти продуктсем леçсе панисĕр пуçне, колхоз валли 450 тонна минераллă удобрени, 650 кубометр йывăç, 700 кубометр хăйăр, 200 кубометр шлак, 52 тонна цемент тата ытти материалсемпе грузсем çĕршер тонна кÿрсе килтĕмĕр. 3 автомашинăпа усă курни пире кăçал 11.715 ĕçкунĕ перекетлеме май пачĕ. Ĕç лашисене тата вĕсемпе ĕçлекен ездовойсене инçетри çула сÿретессинчен пушатни çывăхра лавпа турттармалли ĕçсене вăхăтра туса иртерме пулăшрĕ.

Хуçалăх ÿссе пырать, малашне грузсем хальхинчен ытларах турттармалла пулать. Çавна шута илсе, халĕ, государствăна сĕт сутса, «ГАЗ-51» маркăллă тепĕр автомашина туянтăмăр.

Ака-суха ĕçĕсене иртернĕ чухне эпир техника çитменнипе йывăрлăхсем курмастпăр. Тракторсем ĕçленипе тата колхозри турттăм вăйĕпе çителĕклĕ усă курнипе уй-хир бригадисем пур йышши культурăсене те агротехника тĕлĕшĕнчен чи лайăх срокенче акса хăварассĕ. Агротехникăн çĕнĕ меслечĕсемпе усă курма та майсем пур. Сăмахран, пĕрчĕлетнĕ минераллă удобренисене тĕштырă вăрлăхĕсемпе хутăштарса сеялкăсемпех акса хăваратпăр, калчасене темиçе хутчен апат пама ăнăçретпĕр т. ыт. те.

Тырпул пухса кĕртмелли тапхăр çитсен вара, ун чухнехи ĕçсене сахал механизациленĕ пирки, уй-хир бригадисен умне йывăрлăхсем тухса тăрассĕ. Колхозниксен ыйтăвне тивĕçтерсе, эпир авăн çапас, тырра сортласа тасатас ĕçсене механизацилеме машинăсемпе оборудовани чылай туянтăмăр. Пĕр бригада халĕ электричество вăйĕпе авăн çапать. Ытти ялсенчи бригадăсен итемĕсене электрификацилеме энерги çитмест, çавăнпа та вĕсенче тырра двигательсен вăйĕпе çапмалла турăмăр. Молотилкăран тухнă тырра сортласа тасатма «ВС-2» маркăллă виçĕ сортировка туянтăмăр. Çав машинăсемпе 4-шар çын сехет хушшинче пĕр тонна ытла тырă сортлассĕ. Ку вăл молотилкăпа çапнă тырра çийĕнчех тасатса склада ăсатма май парать.

Анчах итем çинчи ĕçсене çавăн чухлĕ механизациленине пирĕншĕн çителĕксĕр-ха. Çулсерен ытларах та ытларах тырă туса илетпĕр пулсан, тырпула пухса кĕртес ĕçсене механизацилесси те нумай ÿсмелле. Çавăнпа умра халĕ пур ĕçе те механизациленĕ витнĕ итем тăвас задача тăрать. Ăна тума пирĕн мĕн кирли пурте пур. МТС-ран çеç конкретлă пулăшу кĕтетпĕр.

Техникăлла культурăсем акăнакан çĕр лаптăкĕ чылай ÿсрĕ; анчах вĕсене пухса кĕртес ĕçе эпир халиччен сахал механизациленĕ. Сăмахран, татса пухнă кантăра вăхăтра çапаймасăр тата шыва хутса кăларнă пусапа кантăра тыллас ĕçе вăраха тăсса эпир сахал мар тăкак курнă. Кантăр татас ĕçе механизацилеме паянхи условисенче майсем çук-ха, анчах вăррине çапса илессине тата тылласине механизацилеме пултаратпăр. Кăçал эпир кантăр çапмалли тата тылламалли машинăсем туянтăмăр. Çак машинăсемпе усă курни ĕç тухăçлăхне сахалтан та 5 хут ÿстерме пулăшать. Вăл машинăсем двигатель вăйĕпе ĕçлессĕ.

Иртнĕ çулта эпир 52 лаша валли кирпĕчрен типовăй вите туса лартрăмăр. Кăçал строительство бригади 179 пуç сысна валли, çавăн пекех кирпĕчрен, типовăй вите туса пĕтерчĕ. Çитес çывăх вăхăтра эпир çав витесенчи ĕçсене механизацилесе çитеретпĕр, ăна тума оборудовани те çителĕклĕ. Сысна витинче апат хатĕрлемелли пысăк цех пулать. Унта çĕрулмипе тымарçимĕçе çумалли, турамалли, пĕçерме хыççăн ватмалли, пĕрчĕллĕ тырăсене вĕтетмелли — пурĕ 6 машина вырнаçтаратпăр. Хатĕрленĕ апата сыснасене тăрантармалли пÿлĕме леçсе тăма тата витери тислĕке тула кăларма çакăнса тăракан рельсăллă çул пулать.

Строительство бригади халĕ 200 пуç ĕне валли шлакпа бетонран типовăй вите тăвать, унăн стенисене хăпартса çитерне ĕнтĕ. Ку витере ĕнесем валли апат хатĕрлессинчен пуçласа вĕсене сăвасси таранччен мĕнпур ĕçсене механизацилетпĕр, ун валли пур тĕрлĕ оборудование те кÿрсе хунă.

Выльăхсене шăварма шыв инçетре пулнипе ферма работникĕсем иртнĕ хĕлсенче сахал мар терт курчĕç. Малашне эпир вĕсене çав йывăрлăхран хăтаратпăр. Халĕ эпир çил вăйĕпе ĕçлекен двигатель туянтăмăр. МТС техникĕ пулăшнипе колхозниксем ăна çак кунсенче вырнаçтарса лартассĕ. Çав двигатель вăйĕпе 7 метр тарăнăш шахтăллă çăлри шыва хăпартса ĕне тата сысна фермисене памалла тăватпăр. Çитес хĕлле ку фермăсенчи выльăхсем валли ăшă шыв çителĕклĕ пулать.

Пирĕн колхозниксем выльăх-чĕрлĕх витисене, хуçалăхри ытти сурт-йĕре малашне кирпĕчпе чултан тата шлакпа бетонран тума йышăнчĕç. Халĕ пирĕн кирпĕчрен тунă икĕ вите, чултан тунă гараж пур, часах шлакпа бетонран тунă тепĕр вите пулать. Çитес çулта 95 пăру валли кирпĕчрен вите тăватпăр, фермăри работникĕсем валли—20 çын пурăнмалли çурта та кирпĕчрен тума йышăнтăмăр.

Эпир строительство материалĕсене хамăр вăйпах хатĕрлеме, çав ĕçе механизацилеме тăрăшатпăр. Иртнĕ çулта çурма типĕ тăмран кирпĕч çапакан вăйлă стан туянтăмăр. Ку стан кашни сехетре пин штукран кая мар паха кирпĕч çапса кăларать.

Строительствăра кирпĕчпе бетонсăр тата чулсăр пуçне йывăç та нумай кирлĕ. Халĕ эпир çулсерен 600 кубометр таранччен йывăç кÿрсе тăратпăр. Ăна çурма кăçал ятарласа пилорама туянтăмăр, унсăр пуçне пирĕн циркуллĕ пăчкă та пур.

Колхоз производствин отраслĕсене механизацилесе пынă май, правленипе пуçламăш парторганизаци механизаторсен кадрĕсене вĕрентсе хатĕрлесси çине те тимлĕн пăхассĕ. Ун пек кадрсем халĕ çителĕклĕ ĕнтĕ, вĕсем колхозра чи хисеплĕ çынсем пулса тăчĕç.

А. Степанов юлташ Тинĕс-Çар Флочĕн боевой карапĕ çинче машинист пулнă. Службăран килне таврăнсанах вăл колхозра двигательсем патĕнче ĕçлеме тытăнчĕ, унтан шофер пулма вĕренсе çитрĕ. Степанов юлташ—правлени членĕ. Вăл халĕ ытти механиксене двигательсемпе машинăсене юсавлă тытма, тĕрĕс ĕçлеттерме пулăшать. Н. Кириллов, Г. Егоров, Е. Плотников, П. Иванов колхозниксем ăста механиксем пулса тăчĕç, вĕсем техникăна чунтан юратса ĕçлени çинчен нумай каласа кăтартма пулĕччĕ.

Колхозра пысăк строительство пырать, çĕнĕрен çĕнĕ машинăсемпе кăткăс оборудовани туянатпăр, анчах вĕсене вырнаçтарса лартма тата вĕсемпе ĕçлеме айкинчен çын тара тытмастпăр. Ĕçсене механизациленипе хуçалăх отраслĕсен таварлă тухăçлăхĕ ÿссе пырать, колхозниксен материальнăй пурнăçĕ çултан-çул лайăхланать. Иртнĕ çулта эпир кашни ĕçкунĕ пуçне 2,2 килограмм тырă, 4 килограмм çĕрулми, 1 тенкĕ укçа валессе панăччĕ. Кăçал ĕçкунĕ пуçне 3,5 килограмм тырă, 3 килограмм çĕрулми, 2 тенкĕ укçа, 2 килограмм выльăх апачĕ тивет.

Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви социализмла ялхуçалăхне малалла аталантарас тĕлĕшпе пысăк мерăсем йышăнчĕç. Çав решенисене пирĕн колхозниксем нихçанхинчен пысăк çĕкленÿпе кĕтсе илчĕç. Халĕ колхозра хуçалăхăн пур отраслĕсене те малалла тĕреклетессишĕн социализмла ăмăрту çĕнĕ хăватпа сарăлса пырать. Партипе правительство колхоз стройне малалла чечеклентерессишĕн тăванла тăрăшнине тÿрĕ ĕçпе ответлесе, пирĕн колхозниксем хăйсен вăйне апат-çимĕç, çăмăл промышленноçа валли чĕртавар çителĕклĕ туса парассишĕн хăйсен вăйне хĕрхенмесĕр ĕçлĕç.

**С. ЯКОВЛЕВ,**
Октябрьски районĕнчи «Звезда» колхоз председателĕ.

# Çĕрулмипе пахча çимĕç хатĕрлес тата сутас ĕççене вăйлатмалла

## 1. Пысăк ĕçри çитменлĕхсем

— Юлашки икĕ уйăх хушшинче,—тет Чебторг директорĕ Цветков юлташ,—пĕлтĕрхипе танлаштарсан, çĕрулми икĕ хут ытларах, пахча çимĕç пилĕк хут ытларах хатĕрлерĕ.

Ку чăн та тĕрĕс. Анчах вăл лăплантарма пултараймасть. Ĕççынннсем çĕрулмипе пахча çимĕç нумай ыйтаççĕ. Халăхăн çак ыйтăвне тивĕçтерес тесен, çĕрулмипе пахча çимĕç хатĕрлес, вĕсене хĕллехи вăхăтра усрама хурас тата сутас ĕççене хальхинчен темиçе хут вăйлатас пулать.

Чебторг паянхи куна çĕрулми хатĕрлемелли плана 80 процент тултарнă. Çав вăхăтрах хатĕрлев ĕçĕнче шутлă кунсем юлчĕç. Çапла ĕнтĕ, ку ĕçсем çителĕклĕ цулса пыраççĕ теме май килмест. Мĕнпĕн тесен хатĕрлев хакĕсене ӳстерни плана тултарма кăна мар, ирттерсе тултарма та май парать.

Çак паха майпа туллин усă курас тесен, çав ĕççене туса ирттерме тĕплĕн хатĕрленсе çитмелле пулнă. Чебторг вара тивĕçлипе хатĕрленмен.

Акă Кировски поселокри база. Унта машинăсем умлăн-хыçлăн пыраççĕ.

— Юлашки хут килтĕмĕр, çĕрулми памалли плана паян тултаратпăр,—хавасланса калаçаççĕ Шупашкар районĕнчи Ильич ячĕпе тăракан колхоз членĕсем.—Çĕрне-кунне пĕлмесĕр, çумăрне-мĕнне уямасăр ĕçлерĕмĕр.

— Пирĕн колхоз та плана кĕçех тултарать,—тет çав районти «Гвардеец» колхоз членĕ Евгений Скворцов.—Кăçал пирĕн колхоз государствăна çĕрулмипе пахча çимĕç сутса автомашина туянать.

Анчах çĕрулмипе пахча çимĕç пама пыракансен кӳренмелли те нумай. Уйрăмах çулсем япăххишĕн пăшăрханаççĕ вĕсем.

— Хулари тата хула тулашĕнчи çулсем тарам-ха, вĕсем çинче те шăтăк-лакăмсем тĕл пулаççĕ,—пăшăрханать пĕр шофер. — Анчах çак складсем патне çитеспе чун ыратма тытăнать. Акă, пăхăр-ха склад çумĕнчи çулсем çине,—алăпе тĕллесе кăтартрĕ вăл.—Çул мар вăл, мăшкăл. Автомашинăна пăхăтчен стройран кăларас тени мар-и ку?

Тĕрĕс калать шофер. Ку кĕске çул çинче тем чухлĕ терт курма тивĕт. Су каçа е çĕрулмипе пахча çимĕç илме тытăнниччен ăна юсамаллах пулнă ĕнтĕ, анчах уп пирки тивĕçлĕ организацисем вăхăтра мерăсем йышăнман.

Ытти çитменлĕхсем те сахал мар кунта. Тиесе килнĕ темĕн чухлĕ купăста тулта выртать. Купăста кули патĕнче час-часах выльăхсем курма пулать. Складсенче тĕллĕн-тĕллĕн тăпра купибсем е ытти кирлĕ-кирлĕ мар япала куписем пур.

Çĕрулмипе пахча çимĕç хатĕрлемелли плана хăвăртрах тултарас тесен, автомашинăсемпе туллин усă курас пулать. Анчах халлĕхе вĕсене йĕркеллĕ ĕçлеттермеççĕ. Автомашинăсем колхозсенчен час-часах пушăлла таврăнаççĕ. Акă, Шупашкар районĕнчи Куйбышев ячĕпе тăракан колхозра кăларса хатĕрленĕ çĕрулми пулман пирки, Шупашкар хулинчен кайнă виçĕ автомашина пушăлла таврăннă.

Чапаевски поселокра пысăк овощехранилище пур. Юлашки пилĕк çул хушшинче унпа усă курман. Çав вăхăтрах кунта хулари халăх валли 120 тоннăран кая мар тĕрлĕ пахча çимĕç тăварлама пулать. Чансем юсавлах, вĕсене çуса тасатмалла кăна. Тата овощехранилище тăррине витсе, стенисене юсас пулать. Çак ĕççене тăвасси çинчен Чебторг руководителĕсем чылайранпа калаçаççĕ ĕнтĕ. Анчах ĕç калаçуран мала каймасть-ха.

Шупашкар, Ишлей, Красноармейски районĕсенчи колхозсем хатĕрлев ĕçне çителĕксĕр хутшăннине палăртмалла. Ку районсенчи партипе совет тата ялхуçалăхĕпе хатĕрлев органĕсен çĕрулмипе пахча çимĕç хатĕрлес ĕçе вăйлатма мерăсем йышăнас пулать.

## 2. Пасара кĕрсе курăпăр...

Кăçал çĕрулмипе пахча çимĕç тухăçлăрах пулнă пулин те, Шупашкар хулинчи пасарта вĕсене сутас ĕçе пĕлтĕрхинчен чылай япăхрах йĕркеленĕ. Иртнĕ çулхине çĕрулмипе пахча çимĕç сутма колхозсене 8 ларек уйăрса панă пулнă. Кăçал вара 2 ларек кăна уйăрса панă. Ыттисене «Динамо», «Сортсемовощь», Чебторг, столовăйсемпе ресторансен тресчĕ йышăннă. Çав вăхăтрах вĕсем ытти ларексенче те сутă тума пултараççĕ. Чăн та, кăçал пахча çимĕç сутма ятарласа павильон уçнă, анчах унта условисем начар.

Иртнĕ çулхи сентябрĕн 15-мĕшĕнчен пуçласа октябрĕн 15-мĕшне çитиччен вăхăтра колхозсемпе колхозниксем пасарта 239 тонна çĕрулми сутнă. Кăçал вара çав вăхăт хушшинчех 129 тонна кăна сутнă. Çак çитменлĕх акă мĕнрен килнĕ: пасар дирекцийĕ хăйĕн икĕ автомашинине хулари коммунальнăй хуçалăх пайне панă. Çавна пула, вăл ялхуçалăх продукчĕсене пасара турттарса тухас ĕçре колхозсене пулăшма пултараймасть. Сĕнтĕрвăрри районĕнчи «Коммунизм» колхоз (председателĕ Давыдов юлташ) кăçал пысăк тухăçлă çĕрулми, купăста тата ытти пахча çимĕç туса илнĕ. Анчах, автомашина çук пирки, колхоз çĕрулмипе пахча çимĕç вăхăтра турттарса килме тата вĕсене татти-сыпписĕр сутма пултараймасть. Шупашкарти автотранспорт кантурĕн руководителĕсем ялхуçалăх продукчĕсем турттарса тухас ĕçре колхозсене пулăшасси çине сиелтен пăхаççĕ. Сӳлтен кăтартса панă хыççăн тин вĕсем асăннă колхоза автомашина уйăрса пама килĕшнĕ.

Шупашкарти пасарта Сĕнтĕрвăрри районĕнчи Киров ячĕпе тăракан, Çĕрпӳ районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан тата Ишлей районĕнчи хăшпĕр колхозсем çĕрулмипе пахча çимĕç нумай сутаççĕ, вĕсем пысăк тупăш илеççĕ. Анчах Шупашкар районĕнчи колхозсем пачах урăхла. Соляновски ял Советĕнчи колхозсем сутуилĕве пачах хутшăнман. «Красный флот» колхоз пасарта ларек йышăннă, апла пулин те, унта суту-илӳ тумасть. Вăл сывлăх, ача учрежденийĕсене çĕрулмипе пахча çимĕç тăратать, анчах вĕсене ларек урлă сутнă пек туса кăтартать.

Шупашкар районĕнчи Молотов ячĕпе тăракан колхоз руководителĕсем суту-илӳ тăвас ĕçе тĕрĕс мар ăнланаççĕ. Пасарта пахча çимĕç сахалтарах сутнă кунсенче кăна колхоз çĕрулмипе пахча çимĕç турттарса тухать.

Пасарта колхозсене кирлĕ таварсем—пăтасем, сăрсем, ут таврашĕсем тата ыттисене сутас ĕçе япăх йĕркеленĕ. Чăваш АССР Суту-илӳ министерстви колхозсене кирлĕ таварсем сутас ĕçе йĕркелеме сахал тăрăшать. Сăмахран, замазка мĕнле сутнине илсе пăхар. Ăна Роснабсбыт уйрăмĕн ларекĕнче кăна тата хăшпĕр кунсенче кăна сутаççĕ. Замазка пахалăхĕ начар пулин те, ларек умĕнче яланах черет пысăк. «Тарпромсоюз», «Древпромсоюз» ларекĕсене илер. Колхозсене урапа кустăрмисем, пĕвĕсем, корзинкăсем сутасси вĕсен пĕрремĕш тивĕçĕ пулмалла ĕнтĕ. Анчах вĕсен ларекĕсенче çав япаласем çук. Çав вăхăтрах çак питĕ кирлĕ япаласене республика тулашне ăсатнисем пулнă.

Ытти облаçсемпе республикăсенчи колхозсемпе колхозниксем пирĕн республикăна арбуз, панулми, сăнăх сахал мар кӳрсе килеççĕ. Вĕсене пристаньтен е вокзалтан кӳрсе килессине япăх йĕркеленĕ.

Правительство ятарласа йышăннă постановлени тăрăх, потребительсен кооперацийĕн хуласемпе рабочисем пурăнакан поселоксенче колхозсен çĕрулмипе сутас ĕçе йĕркелемелле. Ку вăл колхозсемпĕн питĕ усăллă, мĕншĕн тесен колхозсем потребительсен кооперацине çĕрулмипе пахча çимĕçсем параççĕ, вĕсене сутнă хыççăн вара укçа илеççĕ. Асăннă постановление пурнăçланă май, Шупашкар райпотребсоюзне пĕр ларек уйăрса панă. Анчах вăл çакăн йышши суту-илӳ йĕркелесси çине çиелтен пăхнă. Колхозсенчен илсе килнĕ çĕрулмипе пахча çимĕç сутас ĕçе йĕркелес вырăнне, хăй сутăн илсе хатĕрленĕ пахча çимĕçе сутать.

Шупашкарти пасарта выльăх апачĕ тата выльăх-чĕрлĕх сутас ĕçе тивĕçлипе йĕркелемен. Хула Совет исполкомĕн сутуилӳ пайĕ çак ыйтусене хăвăртрах татса пама тивĕç.

## 3. Магазинсемпе столовăйсенче

— Пирĕн çĕрулмипе пахча çимĕç хулара 12 çĕрте сутмалла,—тет Чебторг директорĕ Цветков юлташ.—Анчах сутуилĕве пур çĕрте те йĕркелемен-ха. Тăватă çĕрте суту-илӳ тăтăшах пулса пырать.

Калинин урамĕнче пахча çимĕç сутма ятарласа магазин уçнă. Вăл мĕнле ĕçленине никам та интересленмест.

Вăхăт 12 сехет. Урамра темĕн чухлĕ çынсем магазина уçасса кĕтсе тăраççĕ.

— Мĕнле йĕрке ку?—терĕ пĕр хĕрарăм.—Икĕ сехет кĕтсе тăратпăр ĕнтĕ, анчах магазина халĕ те уçмаççĕ.

— Тĕлĕнмелли нимĕн те çук,—ответлерĕ тепри.—Ĕнер те кăнтăрла иртсен пĕр сехетре çеç уçрĕç. Хăçанччен пырĕшĕ кунашкал йĕркесĕрлĕх?

Магазинта ĕçлекенсем хăйсен тивĕçне кирлĕ пек туса пымаççĕ. Продавщица Безрукова юлташ ĕç кунĕ вăхăтĕнче магазинта сайра хутра кăна пулать. Ĕççынисем ыйтăвĕсем çине вăл питĕ чуксăрăн пăхать, тепĕр чухне тавар илме пыракансене ятласа та тăкать. Ĕçри йĕркесĕрлĕхсем çинчен сăмах хускатсан, Безрукова юлташ хăйне хӳтĕлеме тĕрлĕ сăлтавсем шырать.

Пирĕн çакна курма тӳрĕ килчĕ. Октябрĕн 17-мĕшĕнче магазина ирхине 9 сехетре уçас вырăнне кăнтăрла иртсен пĕр сехет тĕлнелле тин уçрĕç. Магазина халăх çийĕнчех йышлăн пухăнчĕ.

— Купăста пур-и?— ыйтаççĕ продавщицăран.

— Çук, паян пулмасть,—ответлерĕ вăл.—Мĕн кунта ыйтмалли пур, кайăр пасара...

Ку магазинта купăста сайра хутра кăна сутаççĕ, çĕрулми, кăшман, кишĕр сутлăх нихçан та пулмаççĕ.

Çĕрулмипе пахча çимĕç сутакан ытти магазинсенче те ĕçсем çавăн пекех.

Столовăйсенче пахча çимĕçрен хатĕрленĕ апат сахал пулать. 17-мĕш номерлĕ столовăя илер. Унта пахча çимĕçрен пĕçерĕ апатсем сайра хутра çеç пулаççĕ. Столовăй заведующийĕ Сибагатуллин юлташ çав çитменлĕхсемпе килĕшсе пурăнать.

Çапла ĕнтĕ, çĕрулмипе пахча çимĕç хатĕрлес ĕçре те, вĕсене сутас ĕçре те пысăк çитменлĕхсем пур. Вĕсене вăраха ямасăр пĕтерес пулать.

«Коммунизм ялавĕ» хаçат бригади:
**Н. ИЛЬИН, Д. КОМИССАРОВ, Н. ГЕРАСИМОВ, В. МАКСИМОВ.**

# Çамрăк рабочисен республикăри слечĕ

Çамрăк рабочисен слечĕ тĕлне куллен кирлĕ япаласен выставкине уçнă.

Акă, Шупашкарти Ленин ячĕпе тăракан фабрика çĕленĕ хĕрарăм кĕписем. Чылайччен чарăна-чарăна тăчĕç кунта хĕрачасем. Вĕсем хăйсен сĕнĕвĕсене кĕнеке çине çырса хăварчĕç. Çамрăксем фабрикăна «Октябрь» йышши крепран кĕпесем ытларах çĕлеме сĕнчĕç. Кĕнеке çине çырнă сĕнӳсем акă мĕнле: «Октябрь» крепран çĕленĕ кĕпесене Шупашкарта кăна мар, республикăри ытти хуласемпе районсенче те кăмăлласах илĕç. Çавăнпа та вĕсене ытларах çĕлесе кăлармалла. «Октябрь» йышши крепран çĕленĕ кĕпесене курма питĕ хаваслă. Вĕсене Октябрь уявĕ тĕлне сутма ытларах çĕлесе кăларасчĕ».

Совет çынни хитре те илемлĕ, çирĕп тумтир, атă-пушмак тăхăнса çӳресшĕн, сĕтел çинче апат-çимĕç пултăр тесе тăрăшать. Халăх пурнăçĕ малалла лайăххăн пулнă май, унăн ыйтăвĕсем пур енĕпе те пĕрмай ӳссе пыраççĕ.

Ĕççынннсен куллен ӳссе пыракан ыйтăвĕсене ку таранччен мĕнле тивĕçтернĕ, халăха кирлĕ таварсен пахалăхне лайăхлатас тĕлĕшпе малашне мĕн тумалла?—çак ыйтусене сӳтсе яврĕ çамрăк рабочисен республикăри слечĕ. Слетра çăмăл, апат-çимĕç, вырăнти тата кооперации промышленноçĕн предприятийĕсенче малта пыракан çамрăк рабочисем пулчĕç.

Халăха кирлĕ таварсен пахалăхне лайăхлатас тĕлĕшпе çамрăксем умĕнче тăракан задачăсем çинчен Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕн председатель заместителĕ **Д. Н. Полукаров** юлташ доклад турĕ.

Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви рабочисен, колхозниксен, интеллигенцин, мĕнпур совет çыннисен пурнăçне лайăхлатассишĕн куллен тимлĕн тăрăшаççĕ. Çак пысăк та пархатарлă задачăна татса парас тĕлĕшпе халăха кирлĕ таварсем туса кăларакан предприятисенче ĕçлекенсем пысăк вырăн йышăнаççĕ.

Пирĕн республикăра вырăнти, апат-çимĕç, çăмăл промышленность предприятийĕсем тата промысла кооперации артелĕсем пурĕ 349 шутланаççĕ. Унта ĕçлекенсем партипе правительство совет халăхĕн пурнăçне малалла лайăхлатас тĕлĕшпе палăртса хунă задачăсене пысăк çӗкленӳпе кĕтсе илчĕç. Вĕсене пурнăçлассишĕн социализмла ăмăрту çĕнĕ хăватпа сарăлчĕ.

Докладчик республикăра ĕççыннисене кирлĕ таварсем туса кăларасси ӳсни çинчен цифрăсем илсе кăтартрĕ. 1950 çулхипе танлаштарсан, 1952 çулта сĕтел-пукан 161 процент, йĕлтĕрсем—140 процент, премĕк-канфет—264 процент, тимĕртен тунă япаласем — 62 процент ытларах туса кăларнă. Вырăнти тата топливо промышленность, çăмăл тата апат-çимĕç промышленность предприятийĕсем, строительство материалĕсем тăвакан предприятисем, промысла кооперацийĕ кăçалхи 9 уйăх хушшинче продукци туса кăлармалли плана ăнăçлăн тултарнă.

Предприятисенче çĕнĕ техникăна ĕçе кĕртнĕ, çакă вăл технологи процесне лайăхлатма май панă.

Докладчик предприятисенче квалификациллĕ çамрăк специалистсем нумай ӳссе çитĕннине палăртать. Халăха кирлĕ таварсем туса кăларакан предприятисенче çамрăк рабочисем нумай. Вĕсем пĕтĕм рабочисен йышĕнче: вырăнти тата топливо промышленность министерствин предприятийĕсенче—40 процент, çăмăл тата апат-çимĕç промышленность министерствин предприятийĕсенче—39 процент, промысла кооперации артелĕсенче—38 процент йышăнаççĕ.

Халăха кирлĕ таварсем туса кăларакан предприятисен ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем пур. Сапла, сăмахран, 349 предприятипе артельтен 133-шĕ кăçалхи тăхăр уйăх хушшинче продукци туса кăлармалли плана тултарайман, вĕсем пĕтĕмпе 14 миллион тенкĕлĕх продукци парса çитереймен. Элĕк, Буславкка, Советски, Шăмăршă, Етĕрне районĕсенчи артельсем пĕри те плана тултарайман.

Туса кăларакан продукци пахалăхĕ çителĕксĕр. Продукци пахалăхне лайăхлатасси çине тивĕçлипе пăхман руководительсем халĕ те пур-ха. Кăçалхи июнь уйăхĕнче пулса иртнĕ смотра Вырăнти тата топливо промышленность министерствин предприятийĕсемпе Чăвашпромсовет артелĕсем 1.119 изедели тăратнă. Вĕсенчен 439 изделине кăна йышăннă. 532 изделие япăх тунă пирки тиркенĕ, 98 изедели туса кăларассине чарма тивнĕ.

Предприятисемпе артельсем продукцин хăйне ларакан хакне йӳнетессишĕн, накоплени тумалли плана тултарассишĕн тивĕçлипе кĕрешмеççĕ.

Шăмăршă райпромкомбиначĕн планпа 45 пин тенкĕ тупăш памалла пулнă пулсан, вăл 35 пин тенкĕ убыток тӳснĕ. Пăрачкав райпромкомбиначĕ 12 пин тенкĕ тупăш парас вырăнне 22 пин тенкĕ убыток тӳснĕ.

Юлашкинчен докладчик куллен кирлĕ таварсем туса кăларассине ӳстерме, вĕсен пахалăхне лайăхлатма чĕнет.

Чи малтан Шупашкарти лента тĕртекен фабрикăри ткачиха **Николаева** юлташ сăмах илчĕ.

— Эпĕ ткачиха пулса 1950 çултанпа ĕçлетĕп,—тет вăл.—Халĕ пĕр харăс тăватă станокпа ĕçлетĕп, сентябрь уйăхĕнче плана 118 процент тултартăм. Пĕрремĕш сортлă продукци планпа палăртниччен ытларах туса кăлартăм. Çулталăкри плана эпĕ октябрĕн 15-мĕшĕ тĕлне тултартăм, çулталăк вĕçленичченчен плана 135 процент тултарма сăмах паратăп.

— Улатăрти йывăç япаласем тăвакан комбинатри комсомолецсемпе çамрăксем,—тет столяр **Олейник** юлташ,—СССР Верховнăй Совечĕн V-мĕш сессийĕ тата партин Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ йышăннă решенисене хавхаланса кĕтсе илчĕç. Эпир ялхуçалăх заказĕсене срокчен тата пысăк пахалăхпа пурнăçлама сăмах паратпăр. Юлашки вăхăтра кăна пирĕн комбинат парник рамисем тăватă вагон, пĕр инкубатор, ялхуçалăх машинисем тăвакан завод валли темиçе вагон йывăç материалсем ăсатрĕ.

Комсомолецсем, ялхуçалăх заказĕсене срокчен пурнăçлассишĕн социализмла ăмăртăва хутшăнса, нормăна 120—140 процент тултарма сăмах пачĕç. Вĕсем хăйсен сăмахне тӳрре кăларса пыраççĕ. Вĕсенчен нумайăшĕ производствăна лайăхлатма пулăшакан сĕнӳсем параççĕ. Агашин станочник панă сĕнӳ кăна 2.700 тенкĕ укçа перекетлеме май пачĕ.

Çĕмĕрлери сĕтел-пукан комбинатĕнчи столяр **Тарасин** юлташ комсомолецсемпе çамрăксен ĕçри хастарлăхĕ çинчен нумай тĕслĕхсем илсе кăтартать. Комсомолецсем Мускаври М. В. Ломоносов ячĕпе тăракан государство университечĕн заказĕсене пурнăçлассишĕн çине тăрса кĕрешнĕ. Комбинатри бригадăсем, Октябрь уявĕ умĕнхи социализмла ăмăртăва хутшăнса, çак уйăхри плана 125 процентран кая мар тултарма, продукцин хăйне ларакан хакне 5 процент йӳнетме обязательство илчĕç.

Вăрнарти «Скороход» артельте атă-пушмак çĕлекен **Дмитриев** юлташ çамрăк рабочисем нормăна тултарассишĕн, продукци пахалăхне лайăхлатассишĕн кĕрешни çинчен калать. Артель тăхăр уйăхри плана 103 процент тултарнă. Пирĕн артель, тет вăл, ĕççыннисене кирлĕ нумай япаласем туса кăларать. Анчах пире кирлĕ материалсемпе инструментсене вăхăтра парса тăманни хытă чăрмантарать. Республикăри организацисен çакна шута илмелле.

— Эпир кăçал туса кăларнă пĕтĕм продукцие питĕ лайăх тата пĕрремĕш сортлă тесе йышăннă, тет Улатăрти «Красная швея» артельти чи паха продукци туса кăларакан бригада бригадирĕ **Матвеева** юлташ. — Чăвашшвейпромсоюз пирĕн бригадăна хисеплĕ грамотăсем парса наградăларĕ. Çак çитĕнӳ хамăр пĕлӳсене ӳстерес тĕлĕшпе куллен ĕçленинчен килчĕ. Эпир техминимум кружокне йĕркеллĕ çӳретпĕр, çĕвĕ машинине тата унпа мĕнле ĕçлемеллине тĕплĕн пĕлсе çитме тăрăшатпăр. Çакă пире оборудовани мĕн пама пултарнине йăлтах илме май парать.

ВЛКСМ обкомĕн секретарĕ **Паскудин** юлташ предприятисемпе артельсенче ĕçлекен çамрăксене воспитани парас тĕлĕшпе тăракан задачăсем çинчен каларĕ.

Прениpe тухса калакансем республикăри организацисем умне тивĕçлĕ ыйтусем кăларса тăратрĕç.

— Пирĕн райпромкомбинат,—тет Сĕнтĕрти райпромкомбинатри закройщица **Сучкова** юлташ,—кирпĕчпе черепица туса кăлармалли плана тултараймарĕ. Ку никамран та мар, хамăр руководительсенчен килнĕ. Анчах ĕçре вĕсенчен килмен çитменлĕхсем те пулаççĕ. Сăмахран, пирĕн комбината вăрман касма участоксем уйăрса памаççĕ. Çавăнпа та эпир урапа çуна цехне анлăлатма пултараймастпăр. Мастерскойсенче тумтир çĕлеме е юсама материал çителĕклĕ мар.

Туса кăларакан продукци пахалăхĕ ĕççыннисен ӳссе пыракан ыйтăвĕсене тивĕçтерейместь. Çак çитменлĕхĕн сăлтавĕ — квалификациллĕ кадрсем çителĕксĕр пулнинче. Комбинатра ĕçлекенсем пурте хăйсем тĕллĕн вĕреннĕ. Эпĕ Вырăнти тата топливо промышленность министрĕнчен Бобров юлташран çамрăк рабочисен квалификацине ӳстерме кирлĕ мерăсем йышăнма ыйтатăп.

Шупашкарти премĕк-канфет фабрикинчи комсомол организацийĕн секретарĕ **Семенова** юлташ фабрика чылай йывăрлăхсем тӳсни çинчен каларĕ. Су, сĕт, изюм çителĕклĕ уйăрса паманнипе фабрика нумай йышши продукци туса кăларма пултараймасть. Фабрика сурчĕ тăвăр, çавна пула механизмсемпе те усă курма май килмест. Икĕ çул каярах фабрика ĕç тухăçлăхне ӳстерме май паракан машина илчĕ. Анчах унпа ĕçлемеççĕ. Нумай пулмасть тата «Золотой ключик» канфетсем тума оборудовани илнĕ, анчах ăна ниçта та вырнаçтарса лартма çук.

Прениpe тухса каланă ытти юлташсем те предприятисемпе артельсен нушисем çинчен пĕлтерчĕç. Прениpe КПСС Чăваш обкомĕн промышленноçпа транспорт пайĕн заведующийĕ **Чичинин** юлташ сăмах тухса каларĕ.

Çамрăк рабочисен республикăри слечĕ Октябрьти Социализмла Аслă революци 36 çул тултарнине тата комсомолăн XII-мĕш съездне ĕçри çĕнĕ çитĕнӳсемпе кĕтсе илессишĕн социализмла ăмăртăва анлăн сарма Чăваш АССР-ĕнчи çăмăл, апат-çимĕç, вырăнти промышленноçпа кооперации промышленноçĕнчи мĕнпур çамрăксене чĕнсе каларĕ. Халăха кирлĕ таварсем ытларах туса кăларас, вĕсен пахалăхне лайăхлатас тĕлĕшпе слет участникĕсем çак ĕççене тума палăртрĕç:

Парти организацийĕсене, предприятисемпе артельсен руководителĕсене кашни предприятипе артель государство планне мĕнпур номенклатура тăрăх вăхăтра тултармалла тăвас ĕçре пур майсемпе те пулăшмалла. Перекетлĕхшĕн, продукцин хăйне ларакан хакне йӳнетессишĕн, производствăри шалти резервсене тупассишĕн тивĕçлипе кĕрешмелле.

Брак тунине, хуçасăрлăхпа тирпейсĕрлĕхе хирĕç татăклăн кĕрешмелле, çапла вара кашни предприятипе артеле тупăшлă ĕçлеме пулăшмалла. Комсомолецсен контроль посчĕсем тумалла.

Туса кăларакан продукци пахалăхне лайăхлатассишĕн татăклăн кĕрешмелле. Кашни çамрăк рабочин лайăх пахалăхлă продукци туса кăлармалла, халăх валли туса кăларакан тавара çирĕп, илемлĕ тăвассишĕн яланах тăрăшмалла. Комсомолецсемпе çамрăксен бригадисене тумалла.

Техминимум кружокĕсенче, квалификацие ӳстермелли курссенче, стахановла шкулсенче техникăлла пĕлӳсемпе производствăри квалификацие пĕрмаях ӳстерсе пымалла. Çамрăк рабочисен рационализаторсемпе изобретательсен ĕçне активлă хутшăнмалла, оборудованине лайăх усă курмалла, технологи процесĕсене лайăхлатмалла, малта пыракан ĕç меслечĕсене вĕренмелле.

Эпир, тенĕ чĕнӳре, çăмăл, апат-çимĕç, вырăнти промышленноçпа кооперации промышленноçĕнчи мĕнпур комсомолецсемпе çамрăксене КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ «СССР Союзĕн ялхуçалăхне малалла аталантармалли мерăсем çинчен» йышăннă постановленире лартнă задачăсене пурнăçлас ĕçре колхозсемпе МТС-сене пулăшма, ялти çамрăксене культурăлла-массăлла ĕçе лайăхлатас тĕлĕшпе пулăшма чĕнетпĕр.

Слет ĕçне КПСС Чăваш обкомĕн секретарĕ **Т. А. Ахазов**, Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн председателĕ **З. А. Андреева**, Облпрофсовет председателĕ **М. М. Романова**, Чăваш АССР Вырăнти тата топливо промышленность министрĕ **Н. Н. Бобров**, Чăваш АССР Коммунальнăй хуçалăх министрĕ **Н. Д. Волков**, КПСС Шупашкар хула комитечĕн секретарĕ **А. П. Швечков** юлташсем хутшăнчĕç.

ВЛКСМ Чăваш обкомĕн секретарĕ Иванов юлташ малта пыракан çамрăк рабочисене ВЛКСМ обкомĕн Хисеплĕ грамотисене пачĕ. Хисеплĕ грамотăсене пурĕ 25 çынна панă.



Ĕçре малта пыракан çамрăк рабочисен республикăри слетĕнче пулнисен ушкăнĕ. УКЕРЧЕК ÇИНЧЕ (сулахайран сылтăмалла): З. Балясова, А. Зимин (Çĕмĕрле хули), М. Полякова (Çĕмĕрле районĕнчи «Красный Октябрь» артель), А. Кочетов (Улатăр районĕ) тата Т. Федорова (Шупашкар).

С. ВИКТОРИНОВ фотоӳкерчĕкĕ.

## Колхозсенчи электростанцисем

Республикăри колхозсенче электростанцисен шучĕ çулленех нумайланса пырать. Çакă уй-хирти тата выльăх-чĕрлĕх фермисенчи ĕççене механизацилеме, ĕç тухăçлăхне ӳстерме пулăшать.

Иртнĕ çулта республикăра колхозсенче шывпа ĕçлекен электростанцисем виллĕк, торфпа тата вутăпа ĕçлекен электростанцисем виççĕ туса лартнă. Çакăн пек станцисем Тăвай районĕнчи Чутей тата Октябрьски ялĕсем сывăхĕнче тунă. Ку станцисем паракан электроэнергипе ултă колхоза электрификациленĕ.

Кăçал электростанцисен шучĕ тата хушăнчĕ. Элĕк районĕнчи Анатри Хорасан тата Юлăш ялĕсем сывăхĕнче, Красноармейски районĕнчи Уникăсум ялĕ сывăхĕнче Уникă шывĕ çинче çĕнĕ электростанцисем тунă. Уникăсумри станци хăвачĕ 56 киловатт. Çак станци хăвачĕпе пилĕк яла электрификациленĕ. Электричество вăйĕпе ĕçлеттерме колхозра 16 мотор вырнаçтарса лартнă. Вĕсемпе ялхуçалăх ĕçĕсене тăваççĕ. Кунсăр пуçне кăçал Хĕрлĕ Чутай районĕнчи Дубовка тата Утаркасси ялĕсем сывăхĕнче, Улатăр районĕнчи Стемас ялĕ сывăхĕнче электростанцисем туса ĕçе ямалла. Килес çул Çĕрпӳ районĕнчи Рынкă ялĕ сывăхĕнче гидроэлектростанци туса пĕтереççĕ. Ку вăл пирĕн республикăри колхозсенчи электростанцисенчен чи пысăкки пулать. Станци пĕвине бетонпа хытарса тăваççĕ.

*Октябрь уявĕ умĕнхи ăмăрту*

## Пăравус деповĕнче

Станци дежурнăйне П. Назаров машинист Çĕмĕрлерен илсе килекен состав Канаша графикпа палăртниччен 2 сехет те 45 минут маларах çитесси çинчен пĕлтерчĕç. Çул çинче ĕçлекенсем состава кĕтсе илме хатĕрленчĕç...

Çул çинчен ăнăçлă таврăннă хыççăн П. Назаров юлташ депори техникăлла бюро пулăмне кĕчĕ. Кунта панă измерительсене машинист мĕнле пурнăçланине шутласа пĕлчĕç. Ӳсĕм питĕ пысăк: пăравуса талăкра вăтам шутпа чуптармалли плана 50 километр, техникăлла хăвăртлăх планне 4 километр ирттерсе тултарнă. Çак рейсра П. Назаров машинист 1.449 килограмм çĕр кăмрăкĕ перекетленĕ тата нормăран ирттерсе 332 тонна груз илсе килнĕ.

Çак цифрăсене пĕлнĕ хыççăн, чаплă машинист çапла каларĕ:

— Аслă Октябрь уявĕ ячĕпе эпĕ ĕç вахтине тăтăм, пысăкрах обязательствăсем илтĕм. Халĕ эпир ялхуçалăхне кирлĕ грузсем тата халăха куллен кирлĕ таварсем тиенĕ составсем час-часах илсе çӳретпĕр. Çавнашкал составсене эпĕ вырăна срокчен турттарса пыма тăрăшатăп. Эпĕ паян та çавăн пек состава срокчен илсе çитертĕм...

Депори пур машинистсем те уяв умĕнхи ĕç вахтине тăнă. Вĕсем пурте пысăкрах обязательствăсем илнĕ, халĕ вĕсене пурнăçлассишĕн хастарлăн ĕçлеççĕ. Акă, Борис Казиков, Октябрь уявĕ умĕнхи социализмла ăмăртăва хутшăнса, пур измерительсене те ирттерсе тултарма, йывăр тиенĕ составсем хĕрĕхрен кая мар илсе çӳреме тата бригада вăйĕпе пăравуса хĕллехи вăхăтра ĕçлеме хатĕрлесе çитерме обязательствăсем илнĕ. Вăл панă сăмаха чыслăн пурнăçлать. Октябрьти малтанхи вунă кун хушшинче Казиков юлташ йывăр тиенĕ составсем 10 илсе килнĕ, 4,5 тонна çĕр кăмрăкĕ перекетленĕ, нормăран ирттерсе 1.899 тонна груз турттарнă.

Çамрăк машинист Сергей Николаев Октябрь уявĕ тĕлне йывăр тиенĕ составсем илсе çӳреме вĕренсе çитме пулнăччĕ. Вăл халех ĕнтĕ йывăр тиенĕ составсем пилĕк хутчен турттарса килнĕ, топливо чылай перекетленĕ, ытти измерительсене те ирттерсе тултарнă.

Йывăр тиенĕ составсем илсе çӳрекен машинистсен хисепĕ депора вăтăртан иртнĕ ĕнтĕ. Çакă вăл грузсем ытларах турттарма май пачĕ. Машинистсем ноябрĕн 7-мĕшĕ тĕлне нормăран ирттерсе тата 200 пин тонна груз турттарма обязательство илнĕ.

Çак кунсенче юсав цехĕнче те пысăк çӗкленӳпе ĕçлеççĕ. Ку цехăн пăравуссене лайăх тата вăхăтра юсамалла, çапла вара пăравус бригадисене ăнăçлă ĕçлеме условисем туса памалла. Цех коллективĕ хăй умне лартнă задачăсене ăнăçлă пурнăçласа пырать,—планран ирттерсе 23 пăравус юсанă та ĕнтĕ.

...Автоматнăй бригада ĕçлекен пӳлĕм. Ку бригадăна çамрăк слесарь П. Данилов юлташ ертсе пырать. Пӳлĕмре питĕ таса, пурте хăй вырăнĕнче. Инструментсемпе оборудование хĕллехи вăхăтра ĕçлеме хатĕрлесе çитернĕ.

Данилов юлташ бригадăна нумаях пулмасть килнĕ, малтанах слесарь ĕçне вĕреннĕ. Часах вăл ĕç мастерĕ пулса тăнă. Халĕ вăл бригадир пулса ĕçлет. Ку бригада депора пĕрремĕш вырăн йышăнать. Октябрь уявĕ умĕнхи ăмăртăва хутшăнса, бригадăри рабочисем çак уйăхри плана 160 процент тултарма, ĕçе питĕ лайăх тума обязательство илнĕ. Пăравуссен автотормозĕсене юсанă çĕрте ĕçлесе, бригада октябрьти малтанхи вунă кун хушшинчи задание 180 процент тултарнă. Ку бригада чи лайăх продукци туса кăларакан бригада ятне илме тивĕçлĕ пулчĕ. Бригада членĕ В. Семенов слесарь çулталăкри нормăна июнь уйăхĕнчех тултарнă, уяв умĕнхи ăмăртăва хутшăнса, ноябрĕн 7-мĕшĕ тĕлне тата тепĕр çулталăк нормине тултарма сăмах панă.

Коммунист В. Кузьмин юлташ ертсе пыракан комплекслă бригада уяв умĕнхи кунсенче пысăк çӗкленӳпе ĕçлет. Н. Конев слесарь çулталăк нормине ирттерсе тултарнă. Хастарлă слесарь ноябрĕн 7-мĕшĕ тĕлне тата тепĕр çулталăк нормине тултарасшăн. Ăна чи лайăх ĕçлекен слесарь ятне панă. Конев слесарьтен Яковлевпа Касинцев юлташсем те юлмаççĕ, вĕсем нормăна 170—180 процент тултараççĕ.

Канашри пăравус деповĕн коллективĕ Хусан чугун çулĕ çинче пĕрремĕш вырăн йышăнассишĕн кĕрешет.

**И. ЖАДЕЦКИЙ.**

## Çулталăкри плана тултарнă

ЧУРАЧĂК. Райпромкомбинат çулталăкри производство планне октябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне 112 процент тултарчĕ. Халĕ комбинат планран ирттерсе продукци туса кăларать.

**М. ЛАНДЫШ.**

## КĔСКЕН

★ Пысăк пĕве. Калинино районĕнчи Свердлов ячĕпе тăракан колхозра пысăк пĕве тунă. Пĕвери шыв вăйĕпе арман ĕçлет.

**Ф. ОСИПОВ.**

★ Шкул пахчинче. Шăхасан районĕнчи Атнашри çичĕ çул вĕренмелли шкул участокĕнче кăçал пахча çимĕç чылай туса илнĕ. Пахча çимĕç сутса шкул тăватă пин тенкĕ тупăш илнĕ.

**В. ТЕРЕНТЬЕВ.**

★ Хула кубокне илчĕ. Çĕмĕрлери «Красная звезда» тата «Урожай» спорт обществисен командисем футбол вăййипе хула кубокне илессишĕн ăмăртса вылярĕç. Вăйăра 3:0 шутпа çĕнтерсе, «Красная звезда» команди хула кубокне илчĕ.

**В. МЫТИКОВ.**

## Совет морякӗсем Болгарире

СОФИЯ, октябрӗн 20-мӗшӗ. (ТАСС). Болгари халӑх оборонин министрӗ чӗннипе Болгарире Сталин портӗнче тӑракан совет ҫар карапӗсен отрячӗн командирӗ вице-адмирал В. А. Пархоменко, офицерсемпе тата матроссемпе пӗрле, София хулине пырса ҫитнӗ.

Совет ҫӗршывӗн хӑнисене Болгари халӑх оборонин министрӗ генерал-полковник П. Панчевский йышӑннӑ. Ҫакӑн хыҫҫӑн совет морякӗсем Болгарири революцилле юхӑм музейӗнче пулнӑ, Болгари столицине тата унти историллӗ вырӑнсемпе паллашнӑ.

Совет морякӗсем Георгий Димитров мавзолейӗ умне чечек кӑшӑлӗсем хунӑ.

Кӑнтӑрла совет морякӗсене Болгари Министрӗсен Совечӗн Председателӗ Вылко Червенков йышӑннӑ. Йышӑнура Болгарири Коммунистсен партийӗпе правительство руководителӗсем, ҫавӑн пекех ССР Союзӗн Болгарири Посолӗ М. Ф. Бодров пулнӑ.

## Совет Союзӗнчи культура деятелӗсен делегацийӗн членӗсем Польшӑри ӗҫҫыннисемпе тӗл пулса калаҫаҫҫӗ

ВАРШАВА, октябрӗн 21-мӗшӗ. (ТАСС). Польшӑпа Совет Союзӗ хушшинчи туслӑха тӗреклетмелли уйӑхлӑх иртternӗ май, Польшӑна Совет Союзӗнчи культура деятелӗсен делегацийӗ пырса ҫитнӗ. Делегаци членӗсем Польшӑри рабочисемпе, хресченсемпе, наука работникӗсемпе, ҫамрӑксемпе тӗл пулаҫҫӗ.

Паян совет делегацийӗн членӗ, Мускаври Орджоникидзе ячӗпе тӑракан станоксем тӑвакан заводри токарь-скоростник А. Павлов Варшаври ҫӑмӑл автомобильсем тӑвакан заводри монтажпа механически цехра ӗҫлемелли меслетпе паллаштарнӑ. Норма тӑрӑх виҫӗ сехет ҫурӑра тумалли ӗҫе Павлов юлташ 13 минут ҫитиччен туса пӗтернӗ. Ку вӑл нормӑпа пӑхнинчен 16 хут хӑвӑртрах тунине пӗлтерет.

Заводри культура ҫуртӗнче Павлов юлташ Варшаври автомобиль заводӗнчи рабочисемпе тата Варшава хулипе воеводствинчи заводсенче ӗҫлекен рабочисемпе тӗл пулнӑ. Вӑл Варшаври рабочисене Совет Союзӗнчи предприятисенче метала касса саваламалли меслет анлӑн сарӑлни ҫинчен каласа панӑ. Павлов юлташ ҫавӑн пекех «Урсус» трактор заводӗнчи, Познаньри Сталин ячӗпе тӑракан машинӑсем тӑвакан заводри тата ҫӗршыври ытти заводсенчи рабочисемпе тӗл пулса калаҫнӑ.

Совет делегацийӗн членӗ — «Трехгорная мануфактура» комбиначӗн пир-авӑр тӗртекен фабрикинче ӗҫлекен мастер помощникӗ В. Арбатский ҫак кунсенче Жирардуври пир-авӑр фабрикин коллективӗпе тӗл пулнӑ. Вӑл совет текстильщикӗсем тунӑ ҫитӗнӳсем ҫинчен каласа панӑ.

Совет делегацийӗн членӗ—Владимир облаҫӗнчи «Пролетарий» совхоз директорӗ Г. Платонов государствӑн ҫӗрӗҫ хуҫалӑхӗсемпе производствӑлла ҫӗрӗҫ кооперативӗсенче пулнӑ. Вӑл хӑй ертсе пыракан совхоз ӗҫӗн опычӗсемпе паллаштарнӑ. Совет Союзӗнче Коммунистсен партийӗпе правительство ялхуҫалӑхне аталантарасси ҫине тимлӗн пӑхни ҫинчен Польша хресченӗсене каласа панӑ.

### КИМ ИР СЕН ТАТА ПЫН ДЭ-ХУЭЙ ХЭЛЛ ГЕНЕРАЛ ПАТНЕ ЯНӐ ҪЫРУ

ПЕКИН, октябрӗн 20-мӗшӗ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчӗ Кэсонран ҫапла пӗлтерет:

Корея Халӑх ҫарӗн Верховнӑй командующийӗ маршал Ким Ир Сен тата Китай халӑх добровольцӗсен чаҫӗсен командующийӗ генерал Пын Дэ-хуэй паян Пӗрлешнӗ Нацисен ҫарӗсен главнӑй командующийӗ Хэлл патне ҫыру янӑ. Ҫырура вӗсем Корейӑпа Китайӑн американецсен аллинче тӑракан тыткӑнри 98.742 ҫар ҫынни пирки тулли те конкретлӑ отчет пама ыйтаҫҫӗ. Корейӑпа Китайӑн тыткӑнри ҫак ҫар ҫыннисене Америка енӗ репатриаци туман, вӗсем пирки вӑл нимӗнле отчет та тӑратман.

Маршал Ким Ир Сен тата генерал Пын Дэ-хуэй ҫавӑн пекех американецсем хӑйсем каланӑ тӑрӑх репатриаци тӗлӗшпе ӗҫлекен нейтральнӑй комисси аллине панӑ мӗнпур тыткӑнри ҫар ҫыннисен спискне Корейӑпа Китай енне пама ыйтнӑ.

### ЯПОНИРЕ ҪЫНСЕНЕ ЧУРАЛӐХА СУТАҪҪӖ

ШАНХАЙ, октябрӗн 21-мӗшӗ. (ТАСС). Японири «Хоккайдо симбун» хаҫат пӗлтернӗ тӑрӑх, Японири чылай районсенче, уйрӑммӑн илсен Хоккайдо утравӗ ҫинче, ӑраснах Тохоку районӗнче (Хонсю утравӗн ҫурҫӗр-хӗвелтухӑҫ пайӗ) ҫынсене чуралӑха сутасси ӳснӗ. Тӗслӗхрен, кӑҫал Ямагата префектуринче 200 ҫынна, Иванте префектуринче — 60 ҫынна ытла чуралӑха сутнине палӑртнӑ.

### Тӗнчери шахмат турнирӗнче

ЦЮРИХ, октябрӗн 22-мӗшӗ. (ТАСС). М. Ботвинникпа иртterекен матча хутшӑнма тивӗҫлӗ пулассишӗн пыракан шахмат турнирӗнче ӗнер 29-мӗш вӑййи пулнӑ. Хӑмартура тата тепӗр вӑййӑ пулмалла.

Халӗ Смыслов малта пырать, унӑн—17,5 очко. Решевский 15,5 очко пухнӑ, пӗр партине вылиса пӗтермен. Бронштейнпа Керес 14,5-шер очко илнӗ, вӗсен вылиса пӗтермен партисем пӗрер пур. Петросян 14,5 очко илнӗ.

# Профсоюзсен пӗтӗм тӗнчери виҫҫӗмӗш конгресӗ

## *Октябрӗн 19-мӗшӗнчи каҫхи лару*

ВЕНА, октябрӗн 20-мӗшӗ. (ТАСС). Ӗнер каҫхи ларура кун йӗркинче тӑракан виҫҫӗмӗш ыйту тӑрӑх прениссем малалла пынӑ.

Китай Халӑх Республикинчи профсоюзсен делегацийӗн членӗ Ли Се-бо сӑмах илет. Вӑл Китайри рабочи класс колонисенче пурӑнакан халӑхсен кӗрешӗвне чӗререн ырлани ҫинчен калать. Китай халӑхӗ хӑй те ирӗке тухиччен хаяр пусмӑр тӳссе, ялanхи вӑрҫӑпа выҫлӑх условийӗсенче пурӑннӑ, тет вӑл.

Халӗ Китай халӑхӗ ҫӗнтерчӗ. Китай халӑхӗшӗн ют ҫӗршыв капиталӗ пуҫ пулса тӑнӑ самана ӗмӗрлӗхех иртрӗ.

Китай делегацийӗ ячӗпе Ли Се-бо Р. Виджаджасастра докладне пӗтӗмпех ырлать.

Коста-Рикӑри ӗҫҫыннисен представителӗ Хосе Мелендес ҫапла каланӑ: Коста-Рикӑра, тӗрӗссипе илсен, Америка монополийӗ—«Юнайтед фрут компани» пуҫ пулса тӑрать. Вӑл ҫӗршыври ӗҫлесе тӑракан ҫӗрӗн виҫҫӗмӗш пайне тытса тӑрать. Ҫак компанире ӗҫлекен рабочисем ӗҫ укҫи ытла та сахал илеҫҫӗ, бараксенче шывсӑр тата ҫутӑсӑр пурӑнаҫҫӗ.

Кӑҫалхи июль уйӑхӗнче Коста-Рикӑри рабочисем 12 кунлӑх забастовка ирттерчӗҫ. Забастовкӑна тӗрлӗ профсоюзсене кӗрекен ӗҫҫыннисем хутшӑннӑ. Забастовка рабочисем пӗрлӗхшӗн тӑнине кӑтартрӗ. Рабочисене умра тӑракан тӗллеве ӳҫҫӑн кӑтартса парсан, вӗсем профсоюзсен раскольникла лидерӗсем хирӗҫ тӑнине пӑхмасӑр пӗрлӗх туса хураҫҫӗ.

Латинла Америкӑри ӗҫҫыннисен конфедерацийӗн представителӗ Хосе Морера ҫапла калать: Латинла Америкӑри ҫӗршывсенче халӑх пурнӑҫӗ тӑтӑш йывӑрланса пырать, таварсем хакланаҫҫӗ. Ку вӑл уйрӑмах Бразилире тата Чилире палӑрать. Ӗҫсӗрлӗх хӑвӑрт ӳсет. Хальхи вӑхӑтра Кубари сахӑр промышленноҫӗнче ӗҫлекен 500 пин рабочи ҫулталӑк хушшинче 7—8 уйӑх хушши ӗҫсӗр пурӑнать. Уругвайра ӗҫсӗррисен шучӗ 45 пин ҫынна ҫитнӗ. Пуэрто-Рикӑра пачах ӗҫ тупайманнисем е вӑхӑтран вӑхӑта кӑна ӗҫлекеннисем 175 пин ҫын шутланаҫҫӗ. 1952 тата 1953 ҫулсенче Латинла Америкӑра ӗҫҫыннисен пысӑк забастовкисемпе демонстрацийӗсем пулса иртнӗ. Рабочисем ӗҫ укҫи ӳстерме, куллен кирлӗ таварсен хакне йӳнетме ыйтаҫҫӗ, фабрикӑсене хупса лартнине, ӗҫрен кӑларса янине хирӗҫ кӗрешеҫҫӗ. Ҫак забастовкӑсене промышленноҫра тата ялхуҫалӑхӗнче ӗҫлекен ҫӗршер пин ҫын хутшӑннӑ. Забастовкӑсем пынӑ вӑхӑтра рабочисем экономикӑлла ыйтусем кӑна кӑларса тӑратмаҫҫӗ, вӗсем тата ҫӗршыври ҫутҫанталӑкӑн тӗп пуянлӑхӗсене национализацилеме, ҫӗр реформи ирттерме, тӗнчери мӗнпур ҫӗршывсемпе суту-илӳ тӑвас ӗҫе вӑйлатма ыйтаҫҫӗ, США-па тунӑ ҫар договорӗсене хирӗҫ кӗрешеҫҫӗ. Латинла Америкӑри ҫӗршывсенчен нумайӑшӗ, тет Морера, аграрлӑ ҫӗршывсем пулса тӑраҫҫӗ. Помещиксем ҫӗр нумай тытаҫҫӗ, ҫав вӑхӑтрах хресченсен масси чухӑн пурӑнать. Ҫавӑнпа та ҫак ҫӗршывсенче ҫӗр реформи ирттерессишӗн, хресченсене ҫӗр валеҫсе парассишӗн, вӗсене йӳнӗ хакпа кивҫен укҫа парассишӗн, рабочи класпа хресченсем хушшинчи союза ҫирӗплетессишӗн кӗрешӗве вӑйлатни кирлӗ.

Эпир конгресс делегачӗсене ҫапла шантарса калатпӑр, тет юлашкинчен Морера: кӗрешӳре пӗрлӗхлӗ пулмалли политикӑна пӗтӗм вӑя хурса пурнӑҫласа пырӑпӑр, Профсоюзсен пӗтӗм тӗнчери виҫҫӗмӗш конгресӗн решенийӗсене пурнӑҫа ӑнӑҫлӑ кӗртессишӗн ывӑнма пӗлмесӗр ӗҫлӗпӗр.

Сирири ӗҫҫыннисен представителӗ Абдула Хусейн ҫакна кӑтартса парать: Сирире пулса иртнӗ государство переворочӗсем Америкӑпа Англи империалисчӗсем хушшинчи хирӗҫӳсен ӳссе пынине кӑтартаҫҫӗ. Анчах ҫак хирӗҫӳсене пӑхмасӑрах, акӑлчансем те, американецсем те юлашки вӑхӑтра Сирирен хӑйсен Сывӑх Хӗвелтухӑҫӗнчи ҫар бази туса хурас тӗлӗшпе чылай ӗҫсем туса ирттереҫҫӗ. Сири территорийӗнче аэродромсем, ҫар порчӗсем тата ыттисем те тӑваҫҫӗ.

Ливанри профсоюзсен представителӗ Мумне ҫӗршывра ют ҫӗршыв монополийӗсем пуҫ пулса тӑни ҫинчен калать. Американецсем хӑйсем валли аэродромсем тата нефтепроводсем тума ҫӗр конфискацилеҫҫӗ. Вӗсем ҫӗршыври экономикӑпа политика тӗлӗшӗнчен пысӑк вырӑн йышӑнакан позицисене хӑйсен аллине ҫавӑрса илеҫҫӗ.

Ливанри рабочи класс организациленсе пырать, вӑл ют ҫӗршыв пусмӑрне хирӗҫ кӗрешӗве вӑйлатать. Вӑл ирӗклӗ те никама пӑхӑнман Ливан туса хурассишӗн кӗрешекен мӗнпур прогрессивлӑ вӑйсене ертсе пырать.

Францири ӗҫлев конфедерацийӗн представителӗ Друар Франци колонизаторӗсем пусмӑрта тытса тӑракан халӑхсен наци ирӗклӗхӗшӗн пыракан кӗрешӗвне саламланӑ. Францири ӗҫлев конфедерацийӗ, тенӗ вӑл, колонисенче пурӑнакан халӑхсен мӗнпур ыйтӑвӗсене тивӗҫтерессишӗн кӗрешет. Вӑл Францири ӗҫҫыннисен интересӗсемшӗн кӑна мар, тата пусмӑрта пурӑнакан ҫӗршывсенчи халӑхсен интересӗсемшӗн те кӗрешет.

Бирмӑри ӗҫҫыннисен представителӗ Тан Нгве ҫапла каланӑ: 1948 ҫулта Бирма «никама пӑхӑнман ҫӗршыв» пулса тӑрать тесе пӗлтернӗ пулсан та, вӑл ҫаплах ҫурма колонилле ҫӗршыв пулса юлать. Американецсем Бирмӑн шалти ӗҫӗсене хутшӑнаҫҫӗ. Ҫӗршыври мӗнпур пысӑк учрежденисене американецсене «экспертсем» тата «советниксем» пулса ӗҫлеме уйӑрса лартаҫҫӗ. Ҫав вӑхӑтрах Англи капиталӗ Бирмӑн тулашри сутуилӗвӗнче тата банксен ӗҫӗнче хуҫа пулса тӑрать.

Бирмӑри ӗҫҫыннисем, тенӗ юлашкинчен Нгве, ҫакна ҫирӗп шанса тӑраҫҫӗ: ҫак конгресс мӗнпур ҫӗршывсенчи ӗҫҫыннисен пӗрлӗхне тата ытларах тӗреклетӗ, вӑл ӗҫҫыннисене лайӑх пурнӑҫшӑн, нацин никама пӑхӑнманлӑхӗшӗн, мирпе демократишӗн кӗрешес ӗҫре малалла ҫитӗнӳсем тума пулӑшӗ.

Малалла Кипрти ӗҫлев федерацийӗн секретарӗ А. Зиартидис сӑмах илет. Конгресра Гвиана, Ямайка, Цейлон ӗҫҫыннисен представителӗсем каласа панӑ ӗҫсем Кипрти рабочисене те паллӑ, мӗншӗн тесен Греци утравӗ—Кипр ҫаплах Британи колонийӗ пулса юлать.

Кипр халӑхӗ, тенӗ юлашкинчен Зиартидис, хӑйӗн наци ирӗклӗхӗшӗн пыракан кӗрешӗвне миршӗн, Кипртан ҫар бази туса хума тӑрӑшакан империалистсен планӗсене хирӗҫ кӗрешессипе пӗрлештерет. Наци ирӗклӗхӗшӗн кӗрешни Кипр халӑхӗ Греци халӑхӗпе пӗрлешессишӗн тӑнине пӗлтерет.

Юлашкинчен ларура Вӑтам Конгори ӗҫҫыннисен представителӗ Чикая тухса каланӑ.

## *Октябрӗн 20-мӗшӗнчи ирхи лару*

ВЕНА, октябрӗн 20-мӗшӗ. (ТАСС). Профсоюзсен пӗтӗм тӗнчери виҫҫӗмӗш конгресӗн ирхи ларӑвӗн пуҫламӑшӗнче сӗнӳсем тӗлӗшпе ӗҫлекен комисси ячӗпе Утомо (Индонези) конгресс ячӗпе килнӗ саламлӑ ҫырусемпе телеграммӑсем ҫинчен пӗлтернӗ. Октябрӗн 19-мӗшӗнче каҫ пулнӑ тӗле килнӗ саламлӑ телеграммӑсемпе ҫырусен хисепӗ 2.945 ҫитнӗ.

Кун хыҫҫӑн колонилле тата ҫурма колонилле ҫӗршывсенче профсоюзсен юхӑмне аталантарасси ҫинчен Руслан Виджаджасастра тунӑ доклада малалла сӳтсе явнӑ. Председатель пулса ертсе пыракан Хосе Мореро Францин экваторти Африкинчи профсоюз центрӗн координаци комитечӗн секретарьне Маса Бека (Камерун) сӑмах парать. Бек Францири ӗҫлев конфедерацийӗ Африкӑри колонисенче профсоюзсен юхӑмне вӑйлатас ӗҫре пысӑк вырӑн йышӑнса тӑнине палӑртнӑ. Юлашки ҫулсенче ӗҫлев конфедерацийӗ туса ирттернӗ ӗҫсене пула, Африкӑри профсоюзсем хӑйсен кӗрешӗвӗнче чылай ҫитӗнӳсем тунӑ.

Антонина де Гауна Аргентинӑри работницӑсем пӗр пек ӗҫшӗн пӗр тан ӗҫ укҫи илессишӗн, йывӑрҫын хӗрарӑмсене ятарласа отпуск памалла тӑвассишӗн, ача яслисем организацилемелле тӑвассишӗн тата ӗҫҫыннисен пӗтӗмӗшле ыйтӑвӗсемшӗн кӗрешни ҫинчен каласа парать.

Почта, телеграф, телефон, радио работникӗсен профсоюзӗсен пӗтӗм тӗнчери пӗрлешӗвӗн (Профсоюзсен пӗтӗм тӗнчери федерацийӗн производствӑлла пайӗ) председателӗн заместителӗ Рене Дюамель ҫапла калать: капитализмла ҫӗршывсем ҫар расхочӗсене ӳстерсе пыни граждански ӗҫсем валли тухакан расходсене чакарать, пурнӑҫпа ӗҫлев условийӗсене начарлатать.

Юлашки ҫулсенче чылай капитализмла ҫӗршывсенче почта, телеграф, телефон, радио работникӗсене ҫӗршер пин ҫын таран ӗҫрен кӑларнӑ. Чылай ҫӗршывсенче, тӗслӗхрен, Латинла Америкӑри ҫӗршывсенче государство учрежденийӗсенче, почтӑсенче, телеграфсенче, телефон станцийӗсенче, радиора ӗҫлекен служащисен профсоюзсене пӗрлешме право ҫук.

Дюамель государство служащийӗсен профсоюзӗсен пӗтӗм тӗнчери конференцине ирттерме палӑртни ҫинчен пӗлтерет. Ҫак конференци, тенӗ вӑл, государство служащийӗсен пӗрлӗхне тӗреклетме пулӑшӗ.

Кӑнтӑр Африкӑри апат-ҫимӗҫпе консерва промышленноҫӗнчи рабочисен профсоюзӗн председателӗ Франк Маркванд Кӑнтӑр Африкӑра демократиллӗ профсоюзсене питех те хӗсӗрлесе ҫитерни ҫинчен каласа парать. Кӑнтӑр Африка правительствин вырӑнти халӑха хӗнесе наказани памалли йӗрке туса хунӑ.

Анчах та, тенӗ Маркванд, пирӗн халӑх ҫакна ӑнланать: вӑл кӗрешӳре пӗр пӗччен мар. Пире ҫак кӗрешӳре Профсоюзсен пӗтӗм тӗнчери федерацине кӗрекен миллионшар ӗҫҫыннисем пулӑшса тӑраҫҫӗ.

Кун хыҫҫӑн Калькуттӑри (Инди) докерсен профсоюзӗн казначейӗ Садха Рой сӑмах илет. Вӑл докерсемпе портри рабочисем хӑйсен прависемшӗн кӗрешни ҫинчен каласа парать, ҫитес ҫывӑх вӑхӑтрах Индири докерсемпе портри рабочисен пӗрлӗхлӗ федерацине туса хурасси ҫинчен конгресса шантарать.

Садха Рой хыҫҫӑн кун йӗркинче тӑракан виҫҫӗмӗш ыйту тӑрӑх Руслан Виджаджасастра юлашки сӑмах калать. Вӑл ҫакна палӑртать: прениссем колонилле тата ҫурма колонилле ҫӗршывсенчи профсоюзсем умӗнче тӑракан задачӑсем тӗлӗшпе тата ҫак задачӑсене пурнӑҫламалли меслетсем тӗлӗшпе пурте пӗр шухӑшлӑ пулнине кӑтартса пачӗҫ.

Профсоюзсен пӗтӗм тӗнчери федерацийӗ, тенӗ Виджаджасастра, колонилле тата ҫурма колонилле ҫӗршывсенчи халӑхсен интересӗсене шута илсе хӑй мӗн пуҫланнӑран вара ҫаплах колони йӗркине пӗтерессишӗн кӗрешнӗ. Унӑн малашне те колонисемпе ҫурма колонисенчи ӗҫҫыннисене наци никама пӑхӑнманлӑхӗшӗн кӗрешес ӗҫре пулӑшса пымалла.

Уйрӑмах урӑх раса ҫыннисене шута хуманнине хирӗҫ кӗрешесси ҫине тата пӗтӗмӗшле тӑшмана—империализма хирӗҫ кӗрешес ӗҫре колонисемпе метрополисенчи халӑхсемпе профсоюзсен организацийӗсем хушшинчи туслӑха тӗреклетесси ҫине тимлӗ пӑхмалла.

Индонези тата Румыни представителӗсем конгресс президиумне хӑйсен ҫӗршывӗсенчи ӗҫҫыннисен ячӗпе парнесем параҫҫӗ.

Кун хыҫҫӑн Профсоюзсен пӗтӗм тӗнчери федерацийӗн ревизорӗсен финанс отчетне итленӗ. Делегатсем отчета пӗр шухӑшлӑ пулса ырланӑ.

Луиджи Грасси мандат комиссийӗн докладне тунӑ.

Докладчик ҫакна кӑтартса панӑ: Профсоюзсен пӗтӗм тӗнчери конгресне 88.600 пин ӗҫҫынни суйласа янӑ делегатсем пухӑннӑ. Ку вӑл Миланра пулса иртнӗ иккӗмӗш конгреса суйласа янӑ ӗҫҫыннисен хисепӗнчен 17 миллион ҫын ытларах пулать. 88.600 пин ӗҫҫыннирен 80.354 пин ӗҫҫынни Профсоюзсен пӗтӗм тӗнчери федерацине кӗрекен организацисенче пӗрлешсе тӑраҫҫӗ, ытти 8.246 пин ҫын Профсоюзсен пӗтӗм тӗнчери федерацине кӗмеҫҫӗ. Влаҫсем ирӗк паманнипе Египетри, Эквадорти, Пакистанри, Пуэрто-Рикӑри, Филиппинри тата Таиландри 346 пин ӗҫҫынни ячӗпе суйланӑ делегатсем конференцие килме пултарайман.

Конференци ӗҫне 79 ҫӗршыври профсоюзсен представителӗсем—784 делегат тата сӑнакансем, 35 хӑна хутшӑннӑ. 342 делегат тата сӑнакан Профсоюзсен пӗтӗм тӗнчери федерацине кӗмен организацисенчен килнӗ. 784 делегатпа сӑнакансенчен 67 хӗрарӑм. Вӗсем 23 ҫӗршывран килнӗ. Конгресс ӗҫне ҫавӑн пекех тӗнчери 7 организацирен 22 сӑнакан тата чӗннӗ хӑнасем хутшӑннӑ. Конгресс ҫакна кӑтартса пачӗ, тенӗ мандат комиссийӗн докладӗнче, Профсоюзсен пӗтӗм тӗнчери федерацийӗ колонилле ҫӗршывсемпе вӑйсӑр аталаннӑ ҫӗршывсенче пысӑк влияни парса тӑрать, ӑна ӗҫҫыннисем чӗререн хисеплеҫҫӗ. Ҫакӑн ҫинчен конгреса килнӗ делегатсенчен ҫурри таран асӑннӑ ҫӗршывсенчи ӗҫҫыннисем суйласа янӑ делегатсем пулни лайӑх каласа парать. Ҫак сведенисем вӗсем ҫавӑн пекех тата Профсоюзсен пӗтӗм тӗнчери федерацийӗ рабочисен юхӑмӗн историйӗнче чи хӑватлӑ та авторитетлӑ тӗнчери организаци пулса тӑни ҫинчен калаҫҫӗ.

Конгресс делегачӗсем пӗр шухӑшлӑ пулса резолюци йышӑнаҫҫӗ. Унта Британи Гвианинчи ӗҫҫыннисемпе тӑванла пӗр шухӑшлӑ пулнине палӑртнӑ. Конгресс Пӗрлешнӗ Нацисен Организацине яма чӗнӳ йышӑннӑ. Конгресс Англи колонизаторӗсем Британи Гвианинче тӑвакан пусмӑрлӑ ӗҫсене сивлеме чӗнет.

Кун хыҫҫӑн конгресс Профсоюзсен пӗтӗм тӗнчери федерацийӗн ертсе пыракан органӗсене суйлама тытӑннӑ.

## *Октябрӗн 21-мӗшӗнчи каҫхи лару*

ВЕНА, октябрӗн 21-мӗшӗ. (ТАСС). Каҫхи ларура сӗнӳсем тӗлӗшпе ӗҫлекен комиссин ӗҫӗ ҫинчен Дюанель тухса каланӑ. Вӑл конгресс ячӗпе 56 ҫӗршывран 3.445 салам килни ҫинчен пӗлтернӗ. Вӑл ҫакна палӑртнӑ: ҫав саламлӑ ҫырусен хисепӗ тата вӗсен шухӑшӗ пӗтӗм тӗнчери ӗҫҫыннисем Профсоюзсен пӗтӗм тӗнчери виҫҫӗмӗш конгресӗн ӗҫӗсене питех те ырлани ҫинчен калать.

Дюанель тата ҫакӑн ҫинчен пӗлтернӗ: комисси тӗрлӗ делегацисем панӑ 32 сӗнӗве тӗпчесе вӗреннӗ, вӗсенчен хӑшпӗрисем тӑрӑх конгресс, пӗр шухӑш-кӑмӑллӑ пулса, решенисем йышӑннӑ ӗнтӗ. Пӑхса тухман сӗнӳсене Профсоюзсен пӗтӗм тӗнчери федерацийӗн исполнительнӑй органӗсене параҫҫӗ, вӗсем ҫав сӗнӳсене тӗпчесе вӗренеҫҫӗ тата малашнехи ӗҫре шута илеҫҫӗ.

Сӗнӳсем тӗлӗшпе ӗҫлекен комиссин докладне пӗр саслӑ пулса ҫирӗплетнӗ.

Унтан конгресс делегачӗсем Иранри лару-тӑру ҫинчен пӗр шухӑш-кӑмӑллӑ пулса резолюци йышӑннӑ. Резолюцире, уйрӑммӑн илсен, ҫакна палӑртнӑ: ҫав ҫӗршывра государство переворочӗ пулса иртнӗ хыҫҫӑн империалистсем юнлӑ террор пулӑшнипе Иранри нефть пуянлӑхӗсене каллех хӑйсен аллине ҫавӑрса илесшӗн. Конгресс Иранри хӑйсен ирӗклӗхӗпе никама пӑхӑнманлӑхӗшӗн кӗрешекен ӗҫҫыннисемпе пӗр шухӑшлӑ пулнине палӑртнӑ.

США Испани халӑхӗн палачӗпе—Франкопа ҫар килӗшӗвӗ тунине сивлекен резолюцие делегатсем пӗр шухӑш-кӑмӑллӑ пулса йышӑннӑ. Ку резолюцире конгресс мӗнпур ӗҫҫыннисене хӑйсем Испанири рабочи класпа тата халӑхпа пӗр шухӑшлӑ пулнине палӑртма чӗнет.

Кун хыҫҫӑн конгресс делегачӗсем ӗҫҫыннисен ӗҫӗшӗн тата хӑйсен ҫӗршывӗсен никама пӑхӑнманлӑхӗшӗн кӗрешекенсем патне—тӗрмесенче асапланакан, пусмӑр тӳсекенсем патне—ямалли послани текстне ырланӑ.

Унтан Ватанабе (Япони) Японири горнякисен профсоюзӗ конгреса янӑ саламлӑ ҫыруран хӑшпӗр вырӑнсене вуласа панӑ.

Ҫакӑн хыҫҫӑн кандидатурӑсем тӗлӗшпе ӗҫлекен комисси председателӗ Анри Рейно конгресс делегачӗсене Профсоюзсен пӗтӗм тӗнчери федерацийӗн исполнительнӑй органӗсене—генеральнӑй совета тата Профсоюзсен пӗтӗм тӗнчери федерацийӗн исполнительнӑй комитетне — суйлани ҫинчен пӗлтернӗ.

Исполнительнӑй бюрона Ди Витториона, Луи Сайяна, Н. М. Шверника, Лю Нин-ие, Ален ле Леапа, Дангене, Ломбардо Толеданона тата рабочисен юхӑмӗн ытти руководителӗсене суйлани ҫинчен пӗлтерсен, делегатсем ҫак пӗлтерӗве ура ҫине тӑрса тӑвӑллӑн алӑ ҫупса ырланӑ.

Ле Леап ларӑва малалла Профсоюзсен пӗтӗм тӗнчери федерацийӗн председателӗ Джузеппе Ди Витторио ертсе пыма тытӑнни ҫинчен пӗлтерет. Ди Витторио председатель вырӑнне тухсан, делегатсем ӑна нумайччен тӑвӑллӑн алӑ ҫупса саламлаҫҫӗ.

Унтан конгресс тӗп документсене — конгресра итленӗ докладсем тӑрӑх йышӑнмалли резолюцисене сӳтсе явма тытӑннӑ.

Профсоюзсен пӗтӗм тӗнчери федерацийӗн ӗҫӗсем ҫинчен тунӑ отчет тӗлӗшпе тата пурнӑҫ шайне ӳстерессишӗн, миршӗн пыракан кӗрешӳре ӗҫҫыннисен пӗрлӗхлӗ ӗҫне тӗреклетес енӗпе профсоюзсем умӗнче тӑракан малашнехи задачӑсем ҫинчен пӗр саслӑ пулса резолюци йышӑннӑ.

## Профсоюзсен пӗтӗм тӗнчери федерацийӗн ертсе пыракан органӗсене суйлани

ВЕНА, октябрӗн 20-мӗшӗ. (ТАСС). Паян каҫхине Профсоюзсен пӗтӗм тӗнчери федерацийӗн Генеральнӑй совечӗпе Исполнительнӑй комитечӗн ларӑвӗсем пулса иртнӗ.

Генеральнӑй совет хӑйӗн ларӑвӗнче, пурте пӗр саслӑ пулнипе, Профсоюзсен пӗтӗм тӗнчери федерацийӗн генеральнӑй секретарӗ пулма Луи Сайяна суйланӑ.

Профсоюзсен пӗтӗм тӗнчери федерацийӗн Исполнительнӑй комитечӗ, пӗр шухӑш-кӑмӑллӑ пулса, Профсоюзсен пӗтӗм тӗнчери федерацийӗн председательне, 14 ҫынтан Исполнительнӑй бюро тата Профсоюзсен пӗтӗм тӗнчери федерацийӗн 4 секретарьне суйланӑ.

Профсоюзсен пӗтӗм тӗнчери федерацийӗн председателӗ пулма Джузеппе Ди Витториона (Италири ӗҫлев конфедерацийӗн генеральнӑй секретарьне) суйланӑ.

Исполнительнӑй бюрона ҫаксем кӗнӗ: Ди Витторио—Профсоюзсен пӗтӗм тӗнчери федерацийӗн председателӗ (Итали), Луи Сайян—Профсоюзсен пӗтӗм тӗнчери федерацийӗн генеральнӑй секретарӗ (Франци), вице-председательсем: Н. М. Шверник (СССР), Ален ле Леап (Франци), Лю Нин-и (Китай), Ломбардо Толедано (Латинла Америка), Герберт Варнке (Германи), Данге (Инди), Абдулла Диалло (Африка), Ласаро Пенья (Куба), Тесла (Чехословаки), Ньоно (Индонези), Брандсен (Голланди), Лучеси (Бразили).

Профсоюзсен пӗтӗм тӗнчери федерацийӗн секретарӗсем пулма Казакова, Грассие, Лю Чжан-шэна, Журдэна суйланӑ.

### СОВЕТ ПРОФСОЮЗӖСЕН ДЕЛЕГАЦИЙӖН ПУҪЛӐХӖ Н. М. ШВЕРНИК ПРОФСОЮЗСЕН ПӖТӖМ ТӖНЧЕРИ ВИҪҪӖМӖШ КОНГРЕСӖН ДЕЛЕГАЧӖСЕНЕ ЙЫШӐННИ

ВЕНА, октябрӗн 19-мӗшӗ. (ТАСС). Ӗнер каҫхине совет профсоюзӗсен делегацийӗн пуҫлӑхӗ Н. М. Шверник Профсоюзсен пӗтӗм тӗнчери виҫҫӗмӗш конгресӗн делегачӗсене йышӑннӑ.

Йышӑну ӑшшӑн иртнӗ. Вӑл профсоюзсен конгресӗнче тӗрлӗ ҫӗршывсенчи ӗҫҫыннисен представителӗсем хушшинче пулса тӑнӑ тӑванла туслӑха тепӗр хут кӑтартса панӑ.

### ГОМИНДАНОВЕЦСЕН БИРМӐРИ ЕҪӖСЕМ ПИРКИ

НЬЮ-ЙОРК, октябрӗн 17-мӗшӗ. (ТАСС). Ассошиэйтед Пресс агентствин корреспонденчӗ Бангкокран пӗлтернӗ тӑрӑх, Пӗрлешӳллӗ Штатсем, гоминдановецсем тата Таиланд килӗшӳ тунӑ. Ҫак килӗшӳ тӑрӑх, Бирмӑран Формоза утравӗ ҫине гоминдановецсене 2 пин ҫынна яхӑн илсе тухса каймалла. Корреспондент ҫырнӑ тӑрӑх, ҫакна Бирмӑра: «эвакуаци ятне туни кӑна пулать» тесе шутлаҫҫӗ.

## Вьетнамра французсен ҫӗнӗ наступленийӗ путланса ларнӑ

ШАНХАЙ, октябрӗн 20-мӗшӗ. (ТАСС). Октябрӗн 15-мӗшӗнче Франци ҫарӗсем Индо-Китайра Ханойран 50 миля кӑнтӑрти енче Вьетнам Халӑх ҫарне хирӗҫ ҫӗнӗ наступлени пуҫланӑ. Ют ҫӗршывсенчи хаҫатсем ҫак наступление Индо-Китайра «ҫичӗ ҫул хушши пынӑ вӑрҫӑ вӑхӑтӗнчи чи хӑватлӑ наступлени» пулать, тесе ҫырнӑ.

Франс Пресс агентстви Ханойран пӗлтернӗ тӑрӑх, наступление авиаци, бронетанковӑй, пехота, парашютлӑ десант чаҫӗсем хутшӑннӑ. Вьетнам Халӑх ҫарӗн вӑйӗсене тӗп вырӑнтан пӑрса ярас тӗллевпе Франци ҫарӗсем Тань-Хоа хулинчен 110 миля кӑнтӑртарахра Ронд сӑмсахӗ патне тинӗс-ҫар десанчӗ антарнӑ.

Ют ҫӗршывсен агентствисем пӗлтернӗ тӑрӑх, Вьетнам Халӑх ҫарӗн чаҫӗсем паттӑррӑн ҫапӑҫнипе Франци ҫарӗсен наступленине октябрӗн 18-мӗшӗнчех чарса лартнӑ. Рейтер агентствин корреспонденчӗ Ханойран пӗлтернӗ тӑрӑх, «Франци командованийӗ хальхи вӑхӑтра Тань-Хоа е урӑх мӗнле те пулин центр ҫине малалла наступлени тума шутламасть».

## Уява хатӗрленеҫҫӗ

Республикӑри учительсен ҫуртӗн художествӑлла пултарулӑх коллективӗсем, ҫуллахи кану хыҫҫӑн, каллех ӗҫлеме тытӑнчӗҫ. Кунта хор, драма тата хореографи коллективӗсем ӗҫлеҫҫӗ.

Халӗ художествӑлла пултарулӑх коллективӗсем Октябрь революцийӗ пулнӑранпа 36 ҫул тултарнӑ уява тимлӗн хатӗрленеҫҫӗ. Уяв кунӗсенче кӑтартма драма коллективӗ Н. Назаров драматургӑн «Единственный сын» ятлӑ пьесине хатӗрлет. Хор вырӑс тата чӑваш композиторӗсен ҫӗнӗ юррисене вӗренет. Хореографи коллективӗ чӑваш ҫамрӑкӗсен ташшине вӗренме тытӑннӑ.

Н. АМУРЦЕВ.

## Перекет кассинче

КПСС Центральнӑй Комитечӗн сентябрьти Пленумӗ ССР Союзӗн ялхуҫалӑхне малалла аталантармалли мерӑсем ҫинчен йышӑннӑ постановлени тӑрӑх ҫитес икӗ-виҫӗ ҫул хушшинче пирӗн ҫӗршыври пӗтӗм халӑха апат-ҫимӗҫ таварӗсем парса тӑрассине нумай ӳстермелле. Ҫак вӑхӑтра колхоз хресченӗсен пурнӑҫӗ тата ытларах лайӑхланмалла.

Халӑх пурнӑҫӗ лайӑхланса тата культури ӳссе пыни перекет кассин ӗҫне те лайӑхлатма пулӑшать. Перекет кассине хывакан укҫа-тенкӗ хисепӗ ҫулсеренех ӳссе пырать. Ишлейри перекет кассинче 1940 ҫулхипе танлаштарсан вкладсен хисепӗ 1952 ҫулта ултӑ хут, кӑҫал унтан та ытларах ӳсрӗ. Хальхи вӑхӑтра пирӗн районти ултӑ ҫынтан пӗри вкладчик пулса тӑрать. Вкладчиксен хисепӗ ӳссе пынипе пӗрлех вӗсем перекет кассине хуракан укҫа-тенкӗ сумми те 1948 ҫулхипе танлаштарсан икӗ хут ӳсрӗ.

Перекет касси заем облигацийӗсем тӑрӑх 1951 ҫулта 237 пин тенкӗ, 1952 ҫулта 280 пин тенкӗ, 1953 ҫулхи 9 уйӑхра 318 пин тенкӗ выляв укҫи тӳленӗ. Эпир кӑҫалхи виҫӗ кварталта та укҫа-тенкӗ пухмалли плана ирттерсе тултартӑмӑр. 1953 ҫулхи финанс планне ирттерсе тултарассишӗн тӑрӑшатпӑр.

С. ЕРГУНОВ,
Ишлейри перекет касси заведующийӗ.

### ВЫЛЯВ УКҪИ ИЛЕҪҪӖ

ЭЛЕК. Районти тӗп перекет кассинчен выляв укҫи илекенсен хисепӗ ҫултан-ҫул ӳссе пырать. 1950 ҫулта государство заемӗсен облигацийӗсем тӑрӑх 237 пин тенкӗ ытла выляв укҫи тӳленӗ пулсан, 1952 ҫулта 421.300 тенкӗ тӳленӗ.

Кӑҫалхи сентябрьпе октябрь уйӑхӗсенче выляв укҫи 70 пин тенкӗ ытла тӳленӗ.

И. СЕРГЕЕВ.

## Йӗкел пухаҫҫӗ

Красноармейски районӗнчи Янкасри ҫиччӗ ҫул вӗренмелли шкулти пионерсемпе комсомолецсем вӑрман лартса ӳстерме йӗкел пухса пама тӑрӑшаҫҫӗ. Вӗсем вӑрмана кайса 160 килограмм ытла юман йӗкелӗ пухса килчӗҫ.

Ҫавӑн пекех Ямаракри ҫичӗ ҫул вӗренмелли шкулта вӗренекенсем те 300 килограмм йӗкел пухрӗҫ.

А. ИВАНОВ.

## Шупашкар хула Совечӗн ҫиччӗмӗш сессине пухасси ҫинчен

Шупашкар хула Совечӗн исполкомӗ депутатсене 1953 ҫулхи октябрӗн 27-мӗшӗнче, ытларикун, ӗҫҫынни депутачӗсен Шупашкар хула Совечӗн (тӑваттӑмӗш созыв) ҫиччӗмӗш сессийӗ пухӑнасси ҫинчен пӗлтерет.

Сесси Советсен ҫуртӗн пысӑк залӗнче (Ленинградски урам, 42-мӗш ҫурт) каҫхине 7 сехетре уҫӑлать.

ӖҪҪЫННИ ДЕПУТАЧӖСЕН ШУПАШКАР ХУЛА СОВЕЧӖН ИСПОЛКОМӖ.

## ПӖЛТЕРНИ

Октябрӗн 23-мӗшӗнче, 19 сехетре, КПСС хула комитечӗн библиотека ҫуртӗнче парти историне пӗррремӗш тата иккӗмӗш ҫул вӗренекен кружоксен руководителӗсен семинар занятийӗсем пулаҫҫӗ.

Семинар руководителӗсем — А. З. Орленко тата З. И. Федорова юлташсем.

* * *

Октябрӗн 24-мӗшӗнче, 19 сехетре, КПСС хула комитечӗн библиотека ҫуртӗнче докладчиксемпе агитаторсем валли инструктивлӑ доклад пулать. Тема: «Октябрьти Социализмла Аслӑ революци 36 ҫул тултарни».

Докладчик—КПСС обкомӗн пропагандӑпа агитаци пайӗн заведующийӗ М. С. Семенов юлташ.

КПСС ХУЛА КОМИТЕЧӖ.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.




РЕДАКЦИ АДРЕСӖ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителӗ—4-17, ответлӑ секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайӗ—5-74, информаци пайӗ—13-37, парти пурнӑҫ пайӗ—3-99, обзорсен пайӗ—6-84, пропаганда пайӗ—5-21, ялхуҫалӑх пайӗ—3-97, культура пайӗ—8-61, совет строительстви пайӗ—8-61, ҫырусен пайӗ—7-32, издательство кантурӗ—0-23.

НТ 09608 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Заказ № 2374. Тираж 20.000 экз.